Пӗтӗм тӗнчери пролетарисем, пӗрлешӗр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

КПСС Чӑваш обкомӗпе Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн тата Министрсен Совечӗн органӗ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 16 (20149) • Эрнекун, 1990 ҫулхи январӗн 19-мӗшӗ • Хаҫат 1918 ҫулхи февральтенпе тухать • Хакӗ 3 пус

## ҪӖНЕТӲШӖН ХАСТАР ӖҪЛЕМЕЛЛЕ

Январӗн 18-мӗшӗнче Мускавра рабочисемпе хресченсен тата инженерсемпе техниксен представителӗсен Пӗтӗм Союзри канашлӑвӗ уҫӑлнӑ. Кремльти Пысӑк двореца заводсен, фабрикӑсен, производство пӗрлешӗвӗсен, колхозсемпе совхозсен, кооперативсен, аренда коллективӗсен, наука-техника, проектпа конструкци организацийӗсемпе ытти организацисен представителӗсем пухӑннӑ.

Канашлу ӗҫне М. С. Горбачев, В. И. Воротников, Л. Н. Зайков, В. А. Ивашко, Е. К. Лигачев, В. А. Медведев, Н. И. Рыжков, Н. Н. Слюньков, Э. А. Шеварднадзе, А. П. Бирюкова, А. В. Власов, А. И. Лукьянов, Б. К. Пуго, Г. П. Разумовский, Д. Т. Язов, О. Д. Бакланов, Ю. А. Манаенков, Е. С. Строев, Г. И. Усманов, И. Т. Фролов, СССР Министрсен Совечӗн Председателӗн заместителӗсем, министерствӑсемпе ведомствӑсен руководителӗсем, ученӑйсем хутшӑнаҫҫӗ.

Канашлӑва КПСС Центральнӑй Комитечӗн Генеральнӑй секретарӗ, СССР Верховнӑй Совечӗн Председателӗ М. С. Горбачев сӑмах каласа уҫнӑ.

Унтан канашлӑва хутшӑннисем ҫӗнетӗвӗн нумай ыйтӑвӗсем тӗлӗшпе пӗр-пӗрин шухӑшӗпе паллашма тытӑннӑ.

Ҫӗршыври рабочи класс ҫак тӗлпулӑва тахҫантанпах кӗтнӗ, тенӗ Мускаври станоксем туса кӑларакан «Красный пролетарий» заводри Н. В. Николаев шлифовщик. Ӗҫ коллективӗсенчен нумайӑшӗнче рабочи класа обществӑна ҫӗнелле йӗркелессинчен ҫав тери пысӑк пӗлтерӗшлӗ решенисем йышӑнассинчен айккинелле пӑрса хӑвараҫҫӗ, тесе шутлаҫҫӗ. Ҫапла шухӑшлама массӑллӑ информаци органӗсен позицийӗ те пулӑшать. Мӗншӗн тесен вӗсем ӗҫҫыннине мала хумаҫҫӗ.

Рабочи халӑх хуҫалӑхӗнче плана дисциплинине палӑрмаллах начарланнӑ пирки пӑшӑрханнине палӑртнӑ. Пире юлташсемпе задание пурнӑҫламашкӑн 1,5—2 смена ӗҫлеме, кану кунӗсенче те ӗҫе тухма тивет, тенӗ вӑл. Плана «кирек мӗнле пулсан

панӑ май, ткачиха производствӑра хуҫалӑх механизмне ҫӗнетме тытӑннине палӑртнӑ. Халиччен пекех отрасль министерстви ҫӳлтен хуҫа тӑрать. Коллектив илекен тупӑшӑн кашни тенкинчен 20 пус ытларах ҫеҫ вырӑнта юлать. Апла пулсан, социаллӑ ыйтусемпе ытти ыйтусене мӗнле татса памалла-ха? Чӗртавар ҫитменнине пула пирӗн комбинатра кӗҫех пӗтӗм ӗҫ чарӑнса ларма пултарать, тенӗ оратор.

Коммунист партири лару-тӑру пирки пӑшӑрханнине палӑртнӑ. Партие хытӑ критиклеме пуҫлани центр ҫирӗп политика тытса пыманнипе ҫеҫ мар, партин пуҫламӑш организацийӗсем ҫаврӑнӑҫусӑр ӗҫленипе те ҫыхӑннӑ.

Украинӑри рабочи класс представителӗ Чернобыль АЭСӗпе ҫыхӑннӑ проблемӑсем ҫинче чарӑнса тӑнӑ.

Ҫӗнетӳре ӗҫ ҫынни тӗп вырӑн йышӑнать, тенӗ Чимкент облаҫӗнчи «Шаульдерский» совхозри **С. К. Есмурзаев** арендатор-чабан. Вӑл Казахстан пушхирӗнчи йывӑр условисем ҫинчен каласа панӑ. Унӑн бригади сурӑх ӗрчетет, ҫакӑнпа пӗр вӑхӑтрах выльӑх апачӗ тата пахча культурисем туса илет. Коллектив аренда меслечӗпе усӑ курма тытӑннӑранпа ҫулталӑк ҫеҫ иртнӗ-ха. Апла пулин те ӳсӗмсем куҫ умӗнчех. Чабан арендӑна аталантармалли майсем сахал мар пулнине палӑртнӑ.

Аграрник-экономистсем хуҫалӑха тытса пыма мӗнле меслетпе усӑ курсан лайӑхрах пулас пирки тавлашнӑ вӑхӑтра ҫӗршер аренда коллективӗ [illegible] мелли тӗрлӗрен формӑсем усӑллӑ пулнине ӗҫпе кӑтартса параҫҫӗ. Ҫакна палӑртнӑ Могилев облаҫӗнчи «Заветы Ильича» колхозри **А. И. Галапов** механизатор. Ял ҫӗнелсе лайӑхланнӑ хальхи тапхӑрта хуҫалӑха тытса пымалли ҫӗнӗ формӑсем колхоз е совхоз пӗрлехӗнче кӑна анлӑн аталанма пултараҫҫӗ. Мӗншӗн тесен пӗчӗк аренда коллективӗсем ялхуҫалӑх продукцине сутӑн илмелли хаксен политикине хирӗҫ те, промышленность предприятийӗсем хуҫаланнине хирӗҫ те кӗрешме пулта-

хушшинче, унпа снабжени системи хушшинче мӗнле ҫыхӑну пулмалла, хресченӗн хӑй туса илекен продукцие мӗнле сутмалла? Промышленность таварӗсемпе уйхирпе фермӑсен продукцийӗн хакӗ хушшинче тӗрӗс ҫыхӑну пулмалла, тенӗ хресчен. Пире ҫӗр парар, ялхуҫалӑх продукцийӗ сутмалли хаксене йӗркелесе ҫитерӗр. Вара эпир ҫӗршыва апат-ҫимӗҫ продукчӗсемпе туллин тивӗҫтерӗпӗр. Оратор хресченсене, арендӑпа кооперацие коллективӗсене техникӑпа тата оборудованипе хальхинчен чылай лайӑхрах тивӗҫтерме кирли ҫинче чарӑнса тӑнӑ.

Ленинградра обществӑлла-политикӑлла тата социаллӑ лару-тӑру ҫав тери йывӑр, тенӗ Ленинградри «Ижорский завод» производство пӗрлешӗвӗнчи **В. Г. Иванов строгальщик.** Пурнӑҫ хакӗ ӳссе пырать, промышленность таварӗсем, апат-ҫимӗҫ продукчӗсем ҫитмеҫҫӗ. Балтика тӑрӑхӗнчи республикӑсем пирӗн хулана хытӑ хӗсме пуҫларӗҫ. Вӗсем пире 40 пин тонна аш-какай парса ҫитерейменҫҫӗ. Пӗррмӗш кварталта 15 пин тонна памалла пулнӑ, Литва кӑна пӗр пин тонна пама килӗшрӗ. Кӳршӗ облаҫсем те пӑшӑрхантараҫҫӗ. Ҫавна пула карточка системи туса хума тиврӗ. Вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче хулана тӑшман ҫарӗсем хупӑрласа тӑнӑ вӑхӑтра Ленинград ҫыннисене пӗтӗм ҫӗршыв пулӑшрӗ. Халӗ эпир пирӗн хулана килекенсене — Псков, Новгород, Калинин, Вологда ҫыннисене хулара продукт- [illegible] пултӑмӑр, тенӗ оратор. Оратор хӑшпӗр ҫӗрте демократирен анархи пуҫланса кайни ҫинчен тӑрӑхса каланӑ. Пире хӑшпӗр республикӑсенчи пек ҫӗҫӗпе хӑратмалли «демократи» кирлӗ мар, тенӗ вӑл. Вӑхӑтра ҫирӗп мерӑсем йышӑнмаллаччӗ. Сӑмахран ӗҫе куҫма вӑхӑт. Йышӑннӑ законсене государствӑн ҫирӗппӗн пурнӑҫа кӗртсе пымалла.

«Ижорский завод» пӗрлешӳри коммунистсен пилӗк пин ҫынлӑ отрячӗн представителӗ хӑйӗн юлташӗсем ячӗпе ҫапла пӗлтерчӗ: пар-

чах чи малтанах партин тата уйрӑм коммунистсен авторитечӗн паянхи шайӗпе ҫыхӑннӑ ыйтусене сӳтсе явмалла. Оратор шухӑшӗпе, хальхи вӑхӑтра ҫак авторитет ытла та пӗчӗк.

Оратор ҫавӑн пекех парти комитечӗсен ӗҫӗ ҫинчен пӗтӗмпех уҫҫӑн пӗлтерсе тӑма кирлине палӑртнӑ. «Мӗншӗн-ха эпӗ парти членӗ пулсан та манӑн КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗсен материалӗсемпе тӗплӗн паллашма право ҫук»? — тенӗ вӑл.

Хмельницкий хулинчи «Катеон» производство пӗрлешӗвӗнчи конструкци бюровӗн начальникӗ, ӗҫ коллективӗсен облаҫри совечӗн председателӗ **Ю. Н. Шуляк** ҫынсем туса кӑларакан пӗтӗм пурлӑха тӗрӗс валеҫме кирлине палӑртнӑ. Облаҫра туса кӑларакан таварсенчен нумайӑшне вырӑнти магазинсенче курма ҫук, тенӗ вӑл. Сӑмахран, вырӑнта туса илекен аш-какайӑн 80 процентне яхӑн государство фондне ӑсатаҫҫӗ. Ҫакӑ ҫынсене эффективлӑ ӗҫлеме хавхалантармасть, тенӗ инженер.

Вӑл экономика реформин витӗмлӗхне ӳстерме нумай ыйтусене татса пама кирли ҫинче чарӑнса тӑнӑ. Нумаях пулмасть правительство ӗҫ укҫине ӳстермелли фондсемшӗн налог тӳлеттересси пирки йышӑннӑ решение специалист критикленӗ.

Ухтомский ячӗпе хисепленекен ялхуҫалӑх машинисем туса кӑларакан заводри ӗҫ коллективӗн совечӗн председателӗ, цех начальникӗ **Н. С. Васильченков** производствӑри лару-тӑру пирки хытӑ пӑшӑрханнине палӑртнӑ. Ҫӗршыври политикӑлла лару-тӑру мӗнле аталанса пынин ҫине рабочи класс чунсӑрла пӑхма пултараймасть, тенӗ вӑл. Партие хирӗҫ хаяр кампани пуҫланчӗ. Унӑн тӗллевӗ паллӑ: партие халӑхран уйӑрмалла, ытти вара хӑй тӗллӗнех пӗтет. Ҫак тӗллеве пурнӑҫа кӗртмешкӗн рабочисемпе усӑ курасшӑн.

Рабочи класс хӳттине пытаннӑ «ҫулпуҫсем» мӗн сӗнеҫҫӗ-ха? Вӗсен нимӗнле платформа та ҫук. Вӗсем халӑха мар, хӑйсен интерес-

Халӑха кирлӗ таварсем ҫителӗклӗ туса кӑлармашкӑн чи малтанах налог тӳлеттермелли тата государство бюджетне укҫа хывмалли системӑна йӗркелесе ҫитермелле. Планран ирттерсе туса кӑларнӑ продукцишӗн налог тӳлеттермелле мар.

Халӑха кирлӗ таварсем туса кӑларакан кооперативсем пирки оратор акӑ мӗн каланӑ: ҫавӑн пек кооперативсем фабрикӑсемпе заводсем ҫумӗнче кӑна ӗҫлемелле, продукцине государство хакӗсемпе танлаштаракан хаксемпе сутмалла. Малалла оратор апат-ҫимӗҫ продукчӗсем туса илесси ҫинчен каланӑ. Молдавире пахчаҫимӗҫпе улма-ҫырла нумай туса илеҫҫӗ. Анчах продукцин 30 процентне сая каять, ҫакӑнпа пӗрлех ҫынсен ӗҫӗ сая каять. Агропром предприятийӗсемпе хуҫалӑхӗсене ку чухнехи оборудовани, холодильниксем ҫителӗклӗ уйӑрса памалла.

Новосибирскри фабрикӑри цех начальникӗ **Л. В. Кононова** халӑха кирлӗ таварсем ҫителӗклӗ туса кӑларасси ҫинчен каланӑ. Анчах ҫак ыйтӑва татса парасси пирӗнтен ҫеҫ килмест. Тӗп чӑрмав халиччен пекех ҫӳлтен планлани, чӑннипе мӗн пуррине шута илмесӗр планлани.

Мускава килнӗ чухне эпӗ савӑнтӑм та, пӑлхантӑм та, тенӗ Самаркандри «Электробытмаш» производство пӗрлешӗвӗнчи сборка цехӗн начальникӗ **Э. Мардонов.** Пирӗн парти рабочисемпе тата хресченсемпе канашламалли Ленинла традицисем патне каялла таврӑннӑшӑн савӑнтӑм. Пирӗн ҫӗнетӳ [illegible] пӑшӑрхантӑм. Ҫӗнетӳ пире, ӗҫҫыннисене, уйрӑмах пите кирлӗ.

Шел пулин те, ҫӗнетӗвӗн тӑшманӗсем пур. Вӗсем халӗ КПССа таланма пуҫларӗҫ. Ҫӗнӗрен туса хунӑ тӗрлӗрен организацисем, халӑх фрончӗсем вӗсем ҫеҫ ӗҫҫыннисен интересӗсемшӗн кӗрешнӗ пек кӑтартаҫҫӗ. Лайӑхрах пурнӑҫ туса хумалли ҫул ҫинче парти чӑрмантарма пуҫларӗ, тесе ӗнентереҫҫӗ.

Чӑн та, ҫӗнетӗве партире хӑйӗнче ҫирӗппӗн пурнӑҫа кӗртсе пымалла, унӑн Ус-

шухӑшламасӑр туянни ялхуҫалӑхне сиен кӳрет, тенӗ вӑл. Сӑмахран, иртнӗ ҫулла урӑх ҫӗршывсенчен помидор, сухан, ыхра нумай туяннӑ. Ҫак культурӑсем вара хамӑр ҫӗршыврах пысӑк тухӑҫлӑ ҫитӗннӗ.

Каҫхи ларура канашлӑва хутшӑннисем юлашки кунсенче Бакура, Азербайджанри ытти чылай хуласемпе ялсенче, ҫавӑн пекех Армении хӑшпӗр районӗсенче преступленисене пула вилнӗ ҫынсене асӑнса чыс тунине палӑртнӑ.

Черетлӗ оратора сӑмах париччен лару председателӗ каллех президиума ярса панӑ ҫырусене вуласа панӑ. Вӗсен авторӗсем канашлӑва малтан палӑртса хунӑ пек йӗркелесе пыма — производство отчечӗсем тумашкӑн чарӑнма сӗннӗ.

«Тындатрансстрой» трестри водительсен комплекслӑ бригадин руководителӗ **Сельминский** пурӗ-пӗрех хуҫалӑх ыйтӑвӗсем пирки каланӑ. Байкал — Амур магистралӗн зонинче социаллӑ пурнӑҫпа экономикӑна аталантарасси хумхантарнӑ ӑна. Оратор экономикӑна вӑйлатас тӗлӗшпе пурнӑҫа кӗртмелли чрезвычайлӑ мерӑсен правительство йышӑннӑ, СССР Халӑх депутачӗсен иккӗмӗш съезчӗ ырланӑ программине пӗтӗмӗшпех хӳтӗленӗ.

Эпир, 70 наци представителӗсем, мӗнпур союзлӑ тата автономиллӗ республикӑсен представителӗсем, нумай ҫул хушши ӗнтӗ туслӑн ӗҫлетпӗр. Юлашки вӑхӑтра ҫӗршывра нацисем хушшинче хирӗҫӳсем мӗн пирки ҫивӗчленсе ҫитнине эпир ниепле те ӑнланма пултараймастпӑр, тенӗ оратор. Ҫакна та ӑнланма май ҫук: ӗҫлес вырӑнне забастовка тунипе лайӑхрах пурӑнма пуҫлӑпӑр-и эпир? Ҫаксем — манӑн шухӑшсем кӑна мар. Вӗсем — нимӗнле йывӑрлӑха та пӑхмасӑр, виҫӗ пилӗкҫуллӑх хушши ӗнтӗ пирӗн ӗмӗрти йывӑртан та йывӑр стройкӑра ӗҫлекен мӗнпур рабочисен шухӑшӗсем.

«Горьковский автомобильный завод» производство пӗрлешӗвӗнчи **Н. П. Кустарев** тимӗрҫӗ обществӑлла производствӑна интенсификацилес тӗлӗшпе этем факторӗн пӗлтерӗшӗ мӗнле пулни ҫинчен каланӑ. Вӑл партири ҫӗнетӳ проблемисем ҫинче те чарӑнса тӑнӑ.

Орел облаҫӗнчи «Вышне-

## ПУҪАРУЛӐХА ӲСТЕРСЕ

**Паян Шупашкарта ВЛКСМ Чӑваш область организацийӗн XXXVIII конференцийӗ уҫӑлать.**

Конференци ВЛКСМ обкомӗн тата комсомолӑн область организацийӗн ревизи комиссийӗн отчечӗсене итлесе сӳтсе явать. Кун йӗркинчи ыйтусем хушшинче вӗренекен ҫамрӑксемпе тата пионерсемпе ӗҫлессине лайӑхлатас, комсомолӑн область организацийӗн финанс тӗлӗшӗнчи лару-тӑрӑвне ҫирӗплетес, ВЛКСМ Уставӗпе Программине улшӑнусем кӗртес ыйтусем те пур. Конференци делегачӗсем Россия Федерацийӗнчи комсомол организацине туса хурас тӗлӗшпе комсомолӑн область организацийӗн позицине те палӑртаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех конференци ВЛКСМ обкомӗн тата комсомолӑн область организацийӗн ревизи комиссийӗн ҫӗнӗ составӗсене, ВЛКСМ XXI съездне тата Россия Федерацийӗнчи комсомол организацийӗсен съездне кайма делегатсем суйлать, ВЛКСМ Центральнӑй Комитетне суйлама кандидатсем сӗнет.

Иртнӗ отчетпа суйлав конференцийӗ комсомолӑн область организацийӗн ҫакӑн пек тӗп ҫул-йӗрне палӑртнӑччӗ: комсомол организацийӗсен республикӑн социаллӑ пурнӑҫӗпе экономика аталанӑвне вӑйлатма активлӑ хутшӑнмалла; комсомол тата пионер организацийӗсен ҫамрӑксемпе ачасене хӑй тӗллӗн пурӑнма тата ӗҫлеме вӗрентмелле; ҫамрӑксене идейӑпа политика тата нравственность тӗлӗшӗнчен воспитани парассин витӗмлӗхне ӳстермелле; комсомол организацийӗсене политика тӗлӗшӗнчен малалла ҫирӗплетмелле; комсомол организацийӗсен ӗҫ стилӗпе меслечӗсене татӑклӑн лайӑхлатмалла. Программа пысӑк. Отчетлӑ тапхӑрта вӑл мӗнле пурнӑҫланса пынӑ! ВЛКСМ комитечӗсем комсомолӑн XX съезчӗн, Пӗтӗм Союзри XIX партконференци решенийӗсене пурнӑҫлас енӗпе мӗн-мӗн тунӑ! Комсомолӑн область организацийӗн ӗҫне ҫӗнетсе пыма мӗн чӑрмантарать! ВЛКСМ комитечӗсен ӗҫне мӗнпе майпа интереслӗрех, витӗмлӗрех, туллинрех йӗркелемелле! Ҫакӑн ҫинчен конференцире тӗплӗ, усӑллӑ калаҫу пулса иртӗ.

Аслӑ юлташӗсемпе пӗрле, комсомолецсемпе ҫамрӑксем республика халӑх хуҫалӑхӗпе культурине аталантарма тивӗҫлӗ вӑй хураҫҫӗ. Пин-пин яшпа хӗр, комсомолецсемпе ҫамрӑклӑ вӑтӑ ҫӗршер коллективӗ, смени, участокӗ пилӗкҫуллӑхӑн тӑваттӑмӗш ҫулхи планне ирттерсе тултарнӑ. Ялти комсомол РСФСРти Хура тӑпраллӑ мар зонӑри ялхуҫалӑхне малалла аталантарас, Апат-ҫимӗҫ программине пурнӑҫлас енӗпе пуҫарулӑх кӑтартать. Апла пулин те, ВЛКСМ комитечӗсенчен хӑшпӗрисем хӑйсен ӗҫне кивӗлпех туса пыраҫҫӗ, яш-кӗрӗм пухнӑ пасем хӑйсен ӗҫне кивӗлпех туса пыраҫҫӗ, ӑна коллективсенче сарма тӑрӑшса опыта пӗтӗмлетмеҫҫӗ. Комсомолецсемпе ҫамрӑксене ялта ӗҫлеме ҫирӗплетмеҫҫӗ. Хӑшпӗр ҫӗрте ҫамрӑксене хӑварас енӗпе вӗсем пуҫарусӑр. Хӑшпӗр ҫӗрте ҫамрӑксене наукӑпа техника творчествине аталантарас енӗпе кирлӗ пек ӗҫлемеҫҫӗ. Наукӑпа техника творчествин центрӗсем яш-кӗрӗм ӗҫлени ҫук. Наукӑпа техника творчествин центрӗсем яш-кӗрӗм кӑмӑлланӑ вырӑнсем пулса тӑраймаҫҫӗ.

ВЛКСМ область организацийӗ умӗнче тӑракан кӑткӑс та ответлӑ задачӑсем ӗҫ стилӗпе меслечӗсене тӗпрен ҫӗнетме лайӑхлатас енӗпе хушаҫҫӗ. Комсомол обкомӗ ӗҫе ҫӗнетсе лайӑхлатас енӗпе пуҫарулӑх кӑтартмасть-ха. Йышӑннӑ решенисем хӑй те ытлашши пуҫарулӑх кӑтартмасть-ха. Йышӑннӑ решенисене пурнӑҫлас ӗҫе йӗркелес тӗлӗшпе ҫитменлӗхсем уйрӑмах нумай. ВЛКСМ обкомӗн бюровӗ, унӑн пӗрремӗш секретарӗ В. Петров организаторпа тата политикӑлла ӗҫе ҫамрӑксен коллективӗсене, пуҫламӑш организацисене куҫарас тӗлӗшпе ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ.

Комсомол — обществӑпа политика организацийӗ. Апла пулсан, ӑна ертсе пыракансем ҫамрӑксен умӗнче пысӑк авторитетпа палӑрса тӑмалла. Комсомолта ӗҫлекенӗн пӗлӗвӗ, тавракурӑмӗ анлӑ пултӑр, вӑл яш-кӗрӗме хисеплеме, итлеме пӗлтӗр, кирек хӑҫан та пулӑшма пултартӑр. ВЛКСМ обкомне, бюро членӗсене суйланӑ чухне ҫакна асра тытас пулать. Иртнӗ конференцире суйланӑ обком членӗсенчен чылайӑшӗ пленумсене активлӑ хутшӑнман, комсомол ӗҫне лайӑхлатма пулӑшман, пленумсенче тухса

...ществăна çĕнĕлле йĕркелесси... çав тери пысăк пелтерĕшлĕ решенисем йышăнассинчен айккинелле пăрса хăвараççĕ, тесе шутлаççĕ. Çапла шухăшлама массăллă информаци органĕсен позицийĕ те пулăшать. Мĕншĕн тесен вĕсем ĕççынниине мала хумаççĕ.

Рабочи халăх хуçалăхĕнче план дисциплинине пăлăрмаллах начарланнă пирки пăлăрханнине палăртнă. Пире юлташсемпе задание пурнăçламашкăн 1,5—2 смена ĕçлеме, кану кунĕсенче те ĕçе тухма тивет, тенĕ вăл. Плана «кирек мĕнле пулсан та» тултарма тивни производственниксен кăмăлне тивĕçтермест.

Экономика реформи ĕçшĕн тÿлемелли системăна йĕркелесе çитерме хушать. Квалификациллĕ производственниксем кооперативсене кайни хытă шухăшлаттарать. Тĕрлĕрен наука-тĕпчев институчĕсенче ĕç укçи ытла та нумай ÿсет. Çав вăхăтрах государство секторĕнчи предприятисенче ĕç укçи тĕлĕшĕнчен лару-тăру уйрăмах йывăр.

Юлашкинчен оратор партие государство руководителĕсене тÿрремĕнех ĕç коллективĕсенче тĕлпулусем иттерме сĕннĕ. Рабочи М. С. Горбачева «Красный пролетарий» завода пыма чĕннĕ. Михаил Сергеевич çакăншăн тав тунă.

Житомир хулинчи Октябрьти Социализмлă Аслă революци 60 çул тултарнă ятпа хисепленекен йĕтĕн комбинатĕнчи **В. С. Венгловская** ткачиха ĕç çыннисемпе çакăн пек тĕлпулусем иртмерме кирлине палăртнă. Вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕпе унăн Политбюровĕпе усăллă, çынсен шухăшне пĕлме май параççĕ, тенĕ оратор.

Хăй ĕçлекен предприятиря лару-тăру çинчен каласа ...лективĕ ялта ĕçе пуçлемелли тĕрлĕрен формăсем усăллă пулнине ĕçпе кăтартса параççĕ. Çакна палăртнă Могилев облаçĕнчи «Заветы Ильича» колхозри **А. И. Галанов** механизатор. Ял çĕнелсе лайăхланнă хальхи тапхăрта хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ формăсем колхоз е совхоз пĕрлĕхĕнче кăна аталанма пултараççĕ. Мĕншĕн тесен пĕчĕк аренда коллективĕсем ялхуçалăх продукцине сутăн илмелли хаксен политикине хирĕç те, промышленность предприятийĕсем хуçаланине хирĕç те кĕрешме пултараймаççĕ.

Анат Тагилри В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен металлурги комбинатĕнчи **С. Т. Мелехин** инструктор халăх хуçалăхĕн тĕрлĕрен отраслĕсенчи хуçасăрлăх пирки чарăнса тăнă. Кунта предприятисене мĕнпур ыйтусене хăйсем тĕллĕн татса пама ирĕк памани, министерствăсем пиманни, министерствăсем пите нумай инструкцисем парса тăни пысăк сиен кÿрет, тенĕ оратор.

Правительство йышăнакан хăшпĕр мерăсенче те предприятисен интересĕсене шута илмеççĕ.

Оратор Колхозсен Союзри советне туса хунă пекех Рабочисен Союзри советне туса хума сĕннĕ.

Эстонири пĕр хутор хуçи **Р. Л. Мустинг** канашлăва пухăннисене хресченĕн уйрăм хуçалăхĕнче тÿрĕ кăмăлпа ĕçлени мĕн тери усăллă пулни çинчен каласа панă. Хăварт пуйма хапсăнакансем хресчен хуçалăхĕ çинчен ан та шухăшлаччăр, тенĕ вăл. Унăн шухăшĕпе, çĕр çинче тÿрĕ кăмăлпа ĕçлессине хăйĕн пурнăç йĕрки туса хунă çын кăна ĕçре ÿсĕм тума пултарать. Эстонири хресченсен уйрăм хуçалăхĕсен представителĕ çĕрĕçĕнче татса паман нумай ыйтусем çинче чарăнса тăнă. Хресченпе планлакан система...

...оратор. Оратор хăшпĕр çĕрте демократирен анархи пуçлансa кайни çинчен тарăхса каланă. Пире хăшпĕр республикăсенчи пек çĕçĕпе хăратмалли «демократи» кирлĕ мар, тенĕ вăл. Вăхăтра çирĕп мерăсем йышăнмаллачче. Сăмахран ĕçе куçма вăхăт. Йышăннă законсене государствăн çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пымалла.

«Ижорский завод» пĕрлешÿри коммунистсен пилĕк пин çынлă отрячĕн представителĕ хăйĕн юлташĕсем ячĕпе çапла пĕлтернĕ: партире пулса тăнă лару-тăру пирĕн чуна ыраттарать. Пирĕн пĕрлешÿре кăна кашни уйăхра 20 çын партирен тухать. Чăн-чăн рабочисем вĕсем, анчах партие шанми пулнă çынсем.

«Ижорский завод» пĕрлешÿри коммунистсем хушнипе В. Г. Иванов М. С. Горбачева партири лару-тăрăва лайăхлатас тĕллевпе палăртнă сĕнÿсен пакетне панă.

Канашлăва председатель пулса ертсе пыракан **М. С. Горбачев** канашлу президиумне янă чылай çырусене вуласа панă. Вĕсен тĕп шухăшĕ çакăн пек: çак канашлура экономика отчечĕсене мар итлемелле, çĕнетĕве мĕн чăрмантарни çинчен, обществăна малалла аталантарма мĕн тумалли çинчен конкретлă калаçмалла.

Минскри «Вычислительная техника» производство пĕрлешĕвĕнчи **А. С. Дроздов** рабочи сăмах илнĕ. Вăл канашлу президиумне тухса калакансен списокне малтанах туса хума кирлĕ марри çинчен асăрхаттарса çыру янă. Çак канашлăва вăл партин политикăллă руководстви ĕççыннисемпе канашлани вырăнне хурать, ăна производство канашлăвĕ туса хума юраманни çинчен асăрхаттарать. Пирĕн канашлура производство ыйтăвĕсем çинчен те калаçмалла, ан...

...хытă пăшăрханнине палăртнă. Çĕршывăри политикăлла лару-тăру мĕнле аталанса пынине çине рабочи класс чунсăрла пăхма пултараймасть, тенĕ вăл. Партие хирĕç хăрушă кампани пуçланчĕ. Унăн тĕллевĕ паллă: партие халăхран уйăрмалла, ытти вара хăй тĕллĕнех пĕтет. Çак тĕллеве пурнăçа кĕртмешкĕн рабочисемпе усă курасшăн.

Рабочи класс хÿттине пытаннă «çулпуçсем» мĕн сĕнеççĕ-ха? Вĕсен мĕнле платформа та çук. Вĕсем халăха мар, хăйсен интересĕсене хÿтĕлеççĕ. Забастовкăсем тума, аркатма, нацинкĕсĕ çинче юн юхтарма чĕнсе каласа, вĕсем авторитет çĕнсе илесшĕн. Вăрттăн экономика вăйланса пырать. «Çак çулпуçсем кирек мĕнле чееленсен те, рабочисем вĕсене питĕ лайăх ăнланаççĕ».

Карагандари **П. П. Шлегель** шахтер регионти çĕр кăмрăк кăларакансен социаллă пурнăçне лайăхлатас ыйтусем çинче чарăнса тăнă. Шахтерсене хăйсен продукцийĕпе хăйсем хуçа пулма ирĕк памалла, тенĕ вăл.

Караганда бассейнĕнче лару-тăру сав-савах йывăр-ха, сынсем çĕнетÿ мĕнле пынипе кăмăлсăр. Халăха кирлĕ таварсем çителĕклĕ пулччăр тесен, регионта çăмăл промышленноçа аталантарма, шахтерсене çĕркăмрăкĕн пĕр пайне урăх çĕршывсене сутма, пухăнакан укçапа кирлĕ продукци туянма ирĕк памалла, тенĕ оратор. Вăл Карагандапа Темиртау тăрăхĕнчи экологи ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Семипалатинскри ядерлă полигона хупма требовани лартнă.

Кишиневри «Молдавгидропром» производство пĕрлешĕвĕнчи **П. Г. Василой** слесарь шухăшĕпе, çак канашлăвăн тĕп тĕллевĕ — пĕр-пĕрне ăнланасси, пухăнса çитнĕ мĕнпур ыйтусене татса пама пĕрле вăй хурасси.

...там. Пирĕн çĕнетÿ шăпишĕн пăшăрхантăм. Çĕнетÿ пире, ĕççыннисене, уйрăмах питĕ кирлĕ.

Шел пулин те, çĕнетĕвĕн тăшманĕсем пур. Вĕсем халĕ КПССа тапăнма пуçларĕç. Çĕкĕрен туса хунă тĕрлĕрен организацисем, халăх фрончĕсем вĕсем çеç ĕççыннисен интересĕсемшĕн кĕрешнĕ пек кăтартаççĕ. Лайăхрах пурнăç туса хумалли çул çинче парти чăрмантарма пуçларĕ, тесе ĕнентереççĕ.

Чăн та, çĕнетĕве партире хăйĕнче çирĕппреххĕн пурнăçа кĕртсе пымалла, унăн Уставĕпе Программине çĕнĕрен пăхса тухмалла, партири шалти хутшăнусене май килнĕ таран анлăраххăн демократизацилемелле, центртан кирлĕ мар çĕртенех кăтартусем парса тăрас йăлана пĕтермелле. Союзлă республикăсенчи компартисен статусне те улăштармалла. Анчах кирек мĕнле пулсан та КПСС пĕтсе ларасси патне çитмелле мар. Ку вăл партин шалти ĕçĕ çеç мар. Ку вăл пирĕн государство шăпипе, кашни çын шăпипе çыхăннă.

«Братсклес» производство пĕрлешĕвĕнчи вăрман касакансен бригадирĕ **Голубев** Иркутск облаçĕн социаллă ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Вăл отрасльте ĕç тухăçлăхĕ начар ÿссе пынин сăлтавĕсем çинчен хумханса каланă.

Одесса облаçĕнчи «Правда» хаçат ячĕпе хисепленекен колхозри кооперативсен ассоциацийĕн председателĕ **А. Н. Дикусаров** шутланă тăрăх, пирĕн государство начар ĕçленĕшĕн хавхалантарни те тĕл пулать. Çавна пула государство шучĕпе пурăнакансен шучĕ ÿссе пырать.

Оратор тулашри суту-илÿ ведомствисенчен хăшпĕрисем ÿрĕк-сÿрĕк ĕçлени çинчен калаçнă. Урăх çĕршывсенчен хăшпĕр таварсене тĕплĕн...

...шухăшсем кăна мар. Вĕсем — нимĕнле йывăрлăха та пăхмасăр, виçĕ пилĕкçуллăх хушши ĕнтĕ пирĕн ĕмерти йывăртан та йывăр стройкăра ĕçлекен мĕнпур рабочисен шухăшĕсем.

«Горьковский автомобильный завод» производство пĕрлешĕвĕнчи **Н. П. Кустарев** тимĕрçĕ обществăлла производствăна интенсификацилес тĕлĕшпе этем факторĕн пелтерĕшĕ мĕнле пулни çинчен каланă. Вăл партири çĕнетÿ проблемисем çинче те чарăнса тăнă.

Орел облаçĕнчи «Вышнеольшанский» совхозри кооперативсен ассоциацийĕн председателĕ **Ю. Н. Дорофеев** ялта хуçалăха тытса пымалли нумай тĕрлĕ формăсем аталаннă май юлашки вăхăтра рабочисен тĕпрен çĕнĕ категорийĕ çурални çинчен каланă. Унăн сăмахĕ ялта çĕнетÿ процесĕсем мĕнле аталанса пынине лайăх кăтартса панă.

Удмурт АССРĕнчи Глазоври çĕвĕ фабрикинчи **Н. Г. Князева** çĕвĕç пĕтĕм çĕршывĕпе саралнă забастовкăсемпе митингсем лару-тăрăва самантрах лайăхлатма требовани лартни çинчен пăшăрханса каланă.

Канашлура çавăн пекех Е. В. Куликов, А. Ю. Ишлинский, А. П. Гайнис, В. В. Ляпин, А. С. Шаранович, В. И. Хорошилов, В. Ф. Политанский, В. Н. Рыжков, А. А. Гуров юлташсем тухса каланă.

Çакăнпа канашлăвăн пирвайхи кунĕн официаллă пайĕ вĕçленнĕ. Ун хыççăн канашлăва хутшăннисенчен чылайăшĕ министрсемпе, ведомствăсен руководителĕсемпе ĕçлĕ тĕлпулу иттернĕ.

Январĕн 19-мĕшĕнче Пĕтĕм Союзри канашлу малалла ĕçлет.

(ТАСС).

**ĕçлени çук. Наукăпа техника творчествин центрĕсем яш-кĕрĕм кăмăлланă вырăнсем пулса тăрайман-ха.**

**ВЛКСМ область организацийĕ умĕнче тăракан кăткăс та ответлă задачăсем ĕç стилĕпе меслечĕсене тĕпрен çĕнетме хушаççĕ. Комсомол обкомĕ ĕçе çĕнетсе лайăхлатас енĕпе хăй те ытлашши пуçарулăх кăтартмасть-ха. Йышăннă решенимах нумай. ВЛКСМ обкомĕн бюровĕ, унăн пĕрремĕш секретарĕ В. Петров организаторпа тата политикăлла ĕçе çамрăксен коллективĕсене, пуçламăш организацисене куçарас тĕллевпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.**

**Комсомол — обществăпа политика организацийĕ. Аппулсан, ăна ертсе пыракансем çамрăксен умĕнче пысăк авторитетпа палăрса тăмалла. Комсомолта ĕçлекенĕн пĕлĕвĕ, тавракурăмĕ анлă пултăр, вăл яш-кĕрĕме хисеплеме, итлеме пĕлтĕр, кирек хăçан та пулăшма пултартăр. ВЛКСМ обкомне, бюро членĕсене суйланă чухне çакна асра тытас пулать. Иртнĕ конференцире суйланă обком членĕсенчен чылайăшĕ пленумсене активлă хутшăнман, комсомол ĕçне лайăхлатма пулăшакан конкретлă сĕнÿсем тăратман, пленумсенче тухса калаçман. Пленумсен кун йĕркинчи ыйтусене хатĕрлеме те обком членĕсене пурне те хутшăнтарман.**

**Коммунистсен партийĕ çамрăксене воспитани парас ĕçе пысăка хурса хаклать. «Пуласлăх, юлташсем, эпир паян мĕнлерех çамрăксем ÿстернинчен нумай килет, — терĕ КПСС XXVII съездĕнче партин Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ М. С Горбачев. — Ку вăл — пĕтĕм парти, пĕтĕм халăх задачи. Ку вăл — Ленинла комсомолăн питĕ кирлĕ тĕп задачи. Пирĕн çамрăксем ĕçе юратаççĕ, хăйсене шеллемесĕр, паттăрлăх кăтартма хатĕр. Анчах та аслăрах ăрусен тивĕçĕ вăл çакăн пек — çĕнĕ ăру тата аслăрах, пултаруллăрах, пысăкрах пĕлÿллĕ пултăр, Аслă Октябрь халаллană тĕрĕслĕхсемпе ирĕклĕх идеалĕсен эстафетине малашлăха тивĕçлĕ илсе пытăр тесе мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвасси».**

**Комсомол комитечĕсен тивĕçĕ — кашни çамрăк çынна пысăк тĕнчекурăмлă тата политика тĕлĕшĕнчен культурăллă пулма, буржуалла идеологи, ыттисен шучĕпе мещенле пурăнмалли психологи кирек мĕнле палăрнине хирĕç çирĕппĕн кĕрешме воспитани парас ĕçе комплекслă туса пырасси. Анчах та ВЛКСМ обкомĕ, хăшпĕр хула комитечĕсемпе райкомĕсем çакна тивĕçлипе пурнăçласа пыраççĕ теме çук-ха. Çамрăксен чылай пайне политика вĕрентĕвне хутшăнтарман. Теорие вĕренессине тĕрлĕ çĕрте тĕрлĕ майпа йĕркеленĕ. Хăшпĕр çĕрте пропагандистсен шкулне тунă, комсомол политвĕренĕвне «Çамрăклăх, общество, аталану» программа сĕннĕ. Шкулсенчен нумайăшĕнче вĕренĕве дискусси, политçапăçу меслечĕсемпе туса пыраççĕ. Шупашкар хулинчи Мускав районĕнчи чылай шкулти комсомолецсем, акă, парти системинчи политвĕренĕве кăмăлланă. ВЛКСМ обкомĕн чи лайăх опыта пĕтĕмлетсе кашни организацие çитермелле.**

**Яшсемпе хĕрсене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен воспитани парас ĕçе лайăхлатас, вĕсен культурăллă канăвне йĕркелес енĕпе Шупашкар хулинчи комсомол организацийĕн тивĕçĕ уйрăмах пысăк. Кунта республикăри комсомолецсен пысăк пайĕ пурăнать, аслă шкулсемпе техникумсем, профессипе техника училищисем нумай. Çакă вăл ВЛКСМ обкомĕпе хула комитетне комсомол ĕçĕнчи витĕмлĕ формăсемпе усă курас енĕпе пуçаруллă пулма, çине тăрса ĕçлеме хушать. Хулара халлĕхе çамрăксене, уйрăмах çитĕнсе çитейменнисене уйрăмшарăн воспитани парас ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ.**

**Комсомол комитечĕсем çамрăксене çарпа патриотизм воспитанийĕ парассинчен те аякра тăма пултараймаççĕ. Ку енĕпе çарпа патриотла воспитани парас енĕпе ĕçлекен клубсем пысăк пĕлтерĕшлĕ. Республикăра 35 клуб ĕçлет. Вĕсем çул çитмен 1500 çамрăка пĕрлештерсе тăраççĕ. «Руслан», «Каскад» «Юные десантники» клубсем хăйсен ĕçне интереслĕ йĕркеленĕ. Вĕсен опычĕ республикăра мĕнле саралать-ха! Тÿрех калас пулать, япăх. Юлашки вăхăтра ВЛКСМ комитечĕсенчен чылайăшĕ çамрăксене çарпа патриотла воспитани парас ĕçе самаях вăйсăрлатнă.**

**Юлашки вăхăтра комсомол авторитечĕ чакса пырать. Çавна май йыш сахалланать. Çулталăк хушшинче кăна ВЛКСМ область организацийĕн йышĕ 16 пин çын чухлĕ чакнă. 378 организацире ВЛКСМ ретне пĕр çамрăка та йышăнман. Комсомола илнисем хушшинче рабочисемпе колхозниксем сахалланса пыраççĕ. Республикăри комсомол организацийĕсенче дисциплина та хавшанă. Çичĕ пин яшпа хĕр, сăмахран, комсомол учетĕнчен тухмасăрах урăх çĕре тухса кайнă.**

**Коммунистăн комсомолри ĕçĕ — партин ответлă ĕçĕ. Хальхи вăхăтра комсомолта 2,5 пин çамрăк коммунист ĕçлет. ВЛКСМ хула комитечĕсемпе райкомĕсен пĕрремĕш секретарĕсене чылайăшне КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен бюро членĕсем пулма суйланă. Анчах парти комитечĕсене çакă шухăшлаттарма кирлĕ: комсомол организацийĕсен секретарĕсем хушшинчи коммунистсен шучĕ нумай мар.**

**Сăмах та çук, комсомолăн область организацийĕн конференцийĕ пысăк активлăхпа, ĕçлĕ лару-тăрура иртĕ, делегатсем комсомол комитечĕсен ĕçне критикăлла тишкерĕç, çитменлĕхсене пĕтермелли, комсомол авторитетне ÿстермелли, ĕçе малалла лайăхлатмалли витĕмлĕ майсене палăртĕç.**

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**894-мĕш Етĕрне территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас енĕпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Геннадий Владимирович **Васильев**, 1956 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн доценчĕ, Шупашкарта пурăнать;

Иван Владимирович **Ивантаев**, 1961 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Коминтерн ячĕпе хисепленекен колхоз тракторисчĕ, çак районти Атнар ялĕнче пурăнать;

Владимир Владимирович **Красильников**, 1936 çулта çуралнă, вырăс, КПСС членĕ, Çĕмĕрлери спецавтомобильсен завочĕн директорĕ, Çĕмĕрлере пурăнать;

Владимир Викторович **Ковалев**, 1944 çулта çуралнă, вырăс, КПСС членĕ, Етĕрнери машинăсем тăвакан заводри фрезеровщик, Етĕрнере пурăнать;

Леонид Софронович **Софронов**, 1944 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, КПСС Етĕрне райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, Етĕрнере пурăнать;

Георгий Георгиевич **Симаков**, 1954 çулта çуралнă, чăваш, КПСС членĕ, Муркаш районĕнчи «Нива» колхоз председателĕ, **унтах** пурăнать;

Владимир Иванович **Таланов**, 1940 çулта çуралнă, вырăс, КПСС членĕ, Çĕмĕрлери район больницин тĕп врачĕ, Çĕмĕрлере пурăнать.

* * *

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔ ТАРАХ 29 МĔШ МОЛОДЕЖНАЙ СУЙЛАВ ОКРУГĔ

Валерий Георгиевич **Гусев**, 1949 çулта çуралнă, Шупашкарти 2-мĕш ăшă энергоцентралĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Çĕнĕ Шупашкарта пурăнать;

Алина Петровна **Иванова**, 1969 çулта çуралнă, Чăваш АССР Физкультура тата спорт енĕпе ĕçлекен государство комитечĕн инструкторĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Вячеслав Петрович **Нестеров**, 1951 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи профсоюз комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Сергей Вениаминович **Чехов**, 1959 çулта çуралнă, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин политпайĕн начальникĕн помощникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТАРАХ 61-мĕш Чапаев суйлав округĕ

Валерий Николаевич **Кочков**, 1938 çулта çуралнă, Пĕтĕм Союзри «Трудовые резервы» ирĕклĕ спорт обществин Чăваш республикинчи совечĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Иванович **Пейве**, 1943 çулта çуралнă, Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Дмитриевич **Тюбалин**, 1949 çулта çуралнă, Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи шлифовщик, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

## КАНДИДАТСЕН ТĔЛПУЛĂВĔ

**Шупашкар хулин суйлав комиссийĕ халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн халăх депутатне суйлама кандидата тăратнă юлташсене пурне те тĕлпулăва пыма чĕнет. Ăна январĕн 19-мĕшĕнче 15 сехетре халăх депутачĕсен хула Совечĕн Пысăк залĕнче (К. Маркс урамĕ, 36-мĕш çурт) ирттереççĕ. Тĕлпулура халăх депутачĕсен хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн руководителĕсем тухса калаççĕ, халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен калакан закон статйисене ăнлантарса параççĕ, ыйтусем çине хуравлаççĕ.**

**Шупашкар хулин суйлав комиссийĕ.**




ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Душанбе

Çĕнĕрен йĕркеленĕ «Диалог» обществăлла политклуб Таджикистан столицинче республика хăйтĕлпĕнлĕхĕпе хăйтӳлевлĕх концепцийĕн проекчĕн тĕп положенийĕсем пирки пуçланă дискуссипе уçăлнă. Ку политклуба Таджикистанри Компартин Центральнăй Комитечĕн идеологи пайĕн тата республика Наукăсен академийĕн ученăйĕсен пуçарăвĕпе туса хунă.

### Тернополь

«Орион» радиозаводра йĕтса çӳремелли «Орион-301 С» стереомагнитола кăларма тытăннă. Кассетăллă аппаратăн пĕрремĕш партине суту-илӳ системине ăсатнă. Çĕнĕ продукци хăйĕн пахалăхĕпе уйрăлса тăрать. Вăл илемлĕ, пысăках мар. Ăна туса хатĕрленĕ чухне техникăри чылай çĕнĕлĕхсемпе усă курнă. Çак модель никĕсĕ çинче предприятири специалистсем тата тепĕр йышши аппарат хатĕрлеççĕ. Вăл икĕ кассетăллă пулать, пахалăхĕпе чикĕ леш енче туса кăларакан магнитолăсемпе танлашать. Кăçал Тернопольти радиозавод магазинсене 4 пин ытла «Орион» ăсатма шутлать.

### Кустанай

«Комсомольская» кайăк-кĕшĕк фабрикин коллективĕ чикĕ леш енчи çĕршывсен рынокне малашне тӳрремĕнех тухма пултарать. Уиччен унăн иккĕмĕшле продукцине — тĕкпе мамăк чĕртавăрне — шалти рынокра питĕ йӳнĕ хакпа реализацилене пулнă, çавăнпа та вăл тĕкак çеç кӳнĕ. Халĕ кайăк-кĕшĕк фабрики Хĕвеланăç Германири «Питер-коль» фирмăпа контракт тунă, килограмне 8 маркăпа 500 тонна тĕк сутнă. «Комсомольская» — облаçри чи тухăшлă предприятисенчен пĕри. Вăл пилĕк çулхи задание пурнăçланă, [illegible] тĕппипех тирпейлессине йĕркеленĕ. Хĕвеланăç Германи фирмипе контракт туни предприятие валюта ĕçлесе илме май парать.

### Кишинев

*Суйлав умĕн*

# КĔРЕШӲ ПУÇЛАНЧĔ

887-мĕш Ленин территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсем Шупашкарта, КПСС обкомĕн Политвĕренӳ сурчĕнче, хăйсен суйлавçисемпе тĕл пулчĕç.

Пĕр мандатшăн тăхăр кандидат кĕрешет. Вĕсем пухăннисене хăйсен суйлав умĕнхи платформипе паллаштарчĕç. Вĕсенче пĕрпеклĕх нумай, анчах кашниех хăй умне тĕп ыйту лартнă. «Чувашагропромдорстрой» пĕрлешĕвĕн тĕп бухгалтерĕ В. Н. Егоров палăртнă тăрăх, сĕнетĕве аталанма аппарат ĕçне контроллесе тăманни, хăшпĕр çынсем тĕрлĕ çăмăллăхсемпе усă курни хыта чăрмантарать. Ун шучĕпе, Советсем хăйсен аппаратне альтернативлă никĕс çинче суйламалла, суйлавçăсен шухăшĕпе килĕшекен çынсемпе çăмăртамалла.

Чăваш АССРĕпе ĕçлекен ТАСС корреспонденчĕ В. А. Иванова уççăнлăха сарас, ачасене хӳтĕлес, семьесене çирĕплетес, обществăра хĕрарăм рольне çĕклес ыйтусене хускатрĕ.

Пĕтĕм Союзри релестроенин наука тĕпчев, проектпа конструктор тата технологи институчĕн директорĕ Г. С. Коротков экономикăна çĕкленмесĕр нимĕнле кăткăс ыйтăва та татса пама май çуккине палăртрĕ, выранти Советсен прависене ӳстерме кирли çинче чарăнса тăчĕ.

— Паянхи лару-тăру ял çыннин кăмăлне çырлахтармасть, — терĕ «Кугесинская» кайăк-кĕшĕк фабрикин директорĕ Н. В. Малов. — Çынсем ялтан тарнипе, вĕсем çĕртен уйрăлнипе текех килĕшсе тăма май çук. Хама депутата суйлас пулсан, эпĕ ялсене аталантарассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшăп.

Чăваш ялхуçалăх институчĕн пĕтĕмĕшле çĕреç кафедрин заведующине В. М Мутикова тырпул тухăçĕ пĕчĕк пулни шухăшлаттарать. «Апат-çимĕç продукчĕсем çитменни обществăра киревсĕр пулăмсем çуратать — терĕ вăл.— Апла пулсан, чи малтан хресчен ĕçĕпе сыхăнна ыйтăва татса памалла». Кандидат халăх хуçалăхĕ валли ăста специалистсем вĕрентсе хатĕрлеме кирлине палăртрĕ.

Республикăри ача-пăча больницинчи хирурги уйрăмĕн заведующийĕ С. Н. Николаев сывлăха, уйрăмах ачасен сывлăхне сыхлас ĕçри йывăрлăхсем çинчен каларĕ. «Медицина инструменчĕсем çитменнипе операци тăвассине ырана хăварса пыратпăр. Пулăшу илессишĕн пиншер çын черетре тăрать», — хумханса пĕлтерчĕ врач.

«Шупашкарти электроаппаратура завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи цех начальникĕ В. П. Юнкеров та суйлавçăсене пăшăрхантаракан ыйтусене хускатрĕ. Вăл ватă çынсемпе хĕрарăмсене, ачасене, инвалидсене социаллă гаранти парассине, ĕçлекен çынсен интересĕсене хӳтĕлессине хăйĕн тĕп ĕçĕ тесе шутлать.

Хăйсен суйлав умĕнхи ĕç платформипе паллаштарнипе пĕрлех кандидатсем суйлавçăсен ыйтăвĕсем çине те ответлерĕç.

Л. АЛЕКСЕЕВА.

# СĂМАХПА ĔÇ ПĔРЛĔХĔШĔН

Январĕн 17-мĕшĕнче Шупашкарти «Салют» Культура керменĕнче 143-мĕш Шупашкар суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсем суйлавçăсемпе тĕл пулчĕç.

Суйлав кампанийĕнче тепĕр ответлă тапхăр пуçланчĕ — РСФСР, Чăваш АССР, выранти Советсен халăх депутачĕсене суйлама тăратнă кандидатсемпе суйлавçăсем тĕл пулаççĕ, — терĕ 143-мĕш Шупашкар суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕн секретарĕ Р. Н. Морозов.

Тĕлпулăва 143-мĕш округ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă ултă кандидат: КПСС обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ Г. Н. Волков, «Тăван Атăл» журналăн тĕп редакторĕ Ф. Г. Коновалов, Чăваш государство университечĕн социологи кафедрин сотрудникĕ Г. Г. Тихомирова, «Чувашэнерго» пĕрлешĕвĕн Çурçĕр электричество сечĕсен Çĕрпӳ районĕнчи электросечĕн начальникĕ Н. Г. Федоров, «Путь» кооперативăн пулăшу бюровĕн начальникĕ В. М. Шишкин, Шупашкарти 48-мĕш вăтам шкул учителĕ В. А. Шуйков пынă.

Вăхăт сахал уйăрнă пулин те, довереннаяйсем пухăннисене хăйсен кандидачĕсемпе тĕплĕн паллаштарма тăрăшрĕç: вĕсен ĕçри пултарулăхне, тӳрĕ кăмăллăхĕпе чун тасалăхне, принциплăхне уйрăмах палăртрĕç, депутата суйлас пулсан, суйлавçăсен шанăçне тӳрре кăларасси çинчен шантарса каларĕç.

Çĕршыв экономики хавшанă, халăхсем хушшинче хирĕçӳсем пынă тапхăрта, паллах ĕнтĕ, халăх умне тухма çăмăл мар. «Пывăрлăхран тухмалли пĕрремĕш сул вăл — пĕтĕм власа Советсен аллине пани, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе, çынсене ĕçленĕ тăрăх тӳлени,— палăртрĕ хăйĕн сăмахĕнче КПСС обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ Г. Н. Волков. — Иккĕмĕшĕ, регионта хуçалăх расчечĕ çине куçасси, промышленноçра çĕнĕ техникăпа туллин усă курасси».

Кандидат халăха хумхантаракан чылай ыйтусем çинче тĕплĕн чарăнса тăчĕ, вĕсене татса парас тесен мĕнмĕн тумалли çинчен каларĕ.

Россия Федерацийĕн государство влаçĕн аслă органне суйлама тăратнă Ф. Г. Коновалов та кашни совет çыннине пăшăрхантаракан ыйтусене хускатрĕ. Вăл та пĕтĕм влаçа — Советсене, çĕре хресченсене памасăр, культурăна аталантармасăр малалла кайма май килменнине тĕслĕхсемпе çирĕплетрĕ.

— Пушă сăмах çапса, халăха тĕрлĕ майпа суйса, йышăннă решенисене пурнăçламасăр çакăн пек лару-тăрăва кĕрсе ӳкрĕмĕр — хăй шухăшне пĕлтерчĕ тепĕр кандидат Н. Г. Федоров. — Пирĕн законсем нумай, анчах вĕсемпе, тĕрĕссипе каласан, усă курмастпăр. Ялсем юхăнаççĕ.

Г. Г. Тихомировăн ĕç программи пухăннисене çĕршыв пĕр выранта тăпăртатса тăнă тапхăра аса илтерчĕ. Кандидат апат-çимĕçпе экологи ыйтăвĕсене те, çĕрпе усă курас, преступлене хирĕç кĕрешес, çурт-йĕр лартас, халăха ĕçе вырнаçтарас, хĕрарăмсене çăмăллăхсем парас ыйтусене те хускатрĕ. Шел те, хăй çав ыйтусене мĕнле татса памаллине уççăмлăн пĕлтерейменĕ.

Депутата суйлама тăратнă кандидатсем пурте тенĕ пекех хăйсен умне анлă тĕллевсем лартнă, çĕршыв пурнăçĕнчи хĕсĕк выранĕсене тишкерме тăрăшнă. Сăмахпа ĕç сыхăнманни, ĕççыннисен ответлăхĕ, политикăри активлăхĕ чакни йывăр вăхăта илсе çитернине уйрăмах палăртрĕç кандидатсем. Вĕсен сăмахĕнче çак йывăрлăхсемшĕн пăшăрханни те, шухăшлани те сисĕнчĕ, анчах суйлавçăсене, ман шутпа, вĕсем çине тăрса ĕçлеме шантарни иккĕлентерне пекрех туйăнчĕ.

Конкретлă сĕнӳсем тăратманни, кăткăс ыйтусене пурне те ярса илни суйлавçăсене килĕшсех каймарĕ. Çитес тĕлпулусенче кандидатсем çакна шута илессе шанас килет.

И. КЛЕМЕНТЬЕВ.

## КПСС Центральнăй Комитетĕнчен, СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнчен, СССР Министрсен Советĕнчен

Юлашки кунсенче Бакура, Азербайджанри ытти чылай хуласемпе ялсенче, çавăн пекех Арменин хăшпĕр районĕсенче драмăллă событисем пулса иртрĕç. Вĕсем совет çыннисен чун-чĕрине хыта ыраттараççĕ. Юн юхрĕ. армян, азербайджан нацийĕсемпе ытти нацисен çыннисем хушшинче вилекенсем пулчĕç.

Вилнисен çемйисемпе пĕрле чĕререн хурланнине, инкек тӳснĕ мĕнпур çынсене чун-чĕререн шелленине палăртатпăр.

Çĕршыв руководстви тискер ĕççемпе преступленисем пирки совет çыннисемпе пĕрле тарăхать, тискер ĕççене татăклăн чарса лартма, право йĕркине çĕнĕрен çирĕплетме, инкек тӳснисене пурлăхпа пулăшма тата айăплисене çирĕп наказани пама мерăсем йышăнать.

## Азербайджанпа Армян ССРĕсенчи лару-тăру пирки

СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ кăçалхи январĕн 15-мĕшĕнче кăларнă Указпа килĕшӳллĕн Азербайджан ССРĕн чылай районĕсенче тата Армян ССРĕн вĕсем çумĕнчи хăшпĕр районĕсенче январĕн 17-мĕшĕнче лару-тăрăва контроллесе тăрас тата право йĕрки туса хурас тĕлĕшпе чрезвычайлă чылай мерăсене малалла пурнăçланă. Регионти лару-тăру çак мерăсем тĕрĕс тата питĕ кирлĕ пулнине пĕтĕмĕшпех çирĕплетсе парать. Иртнĕ талăкра каллех тискер ĕçсем пулса иртнĕ, экстремистсем аркатса-ватса çӳренĕ, çавна пула çынсем вилнĕ.

Преступленилле ĕçсене чарса лартнă чухне право йĕркине сыхлакан органсем аркатса-ватса çӳреме активлă хутшăннă 31 çынна тытса чарнă. Хĕçпăшалпа боеприпассем нумай тытса илнĕ. Тунă преступленисем пирки уголовнăй ĕçсем пуçарассĕ, следстви пырать.

Йышăнакан мерăсен эффективлăхне ӳстерес тĕллевпе право йĕркине сыхлакан вăйсен йышне ӳстерессĕ. Кавказ леш енчи çар округĕнчи çарсем Азербайджан тата Кавказ леш ен чугун çулĕсем синчи уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ объектсене хураллассĕ. Граждансене хӳтĕлеме тата питĕ кирлĕ объектсене хураллама Кавказ леш ен çар округĕнчи хăшпĕр чаçсене малалла вăйлатассĕ.

Государство чиккине хуралакан чикĕри çарсен йышне ӳстерессĕ.

Çак мерăсене пурнăçланипе пĕрлех выранти парти тата совет органĕсем Хĕçпăшаллă Вăйсен, СССР Шалти ĕçсен министерствин тата СССР Государство хăрушсăрлăхĕн комитечĕн чикĕри çарĕсен политорганĕсемпе сыхăну тытса халăх хушшинче ăнлантару ĕçĕ тăвассĕ.

Регионти лару-тăру çав-çавах йывăр.

(ТАСС).

## СССР Оборона министерствинче, Шалти ĕççен министерствинче тата Государство хăрушсăрлăхĕн комитетĕнче

Юлашки кунсенче Азербайджан тата Армян ССРĕсен тĕрлĕрен районĕсенче хĕçпăшал, взрыв тумалли веществосем, çар техникипе çар хатĕрĕсем тытса илес тĕллевпе Совет Çарĕн, шалти ĕççен органĕсен тата СССР Государство хăрушсăрлăхĕн комитечĕн органĕсен хĕçпăшалпа боеприпассен склачĕсемпе ытти объекчĕсене вăрă-хурахла тапăннисем пулнă. Тытса илнĕ хĕçпăшалпа çаратма, вăрă-хурахла ĕçсем тума, регионти кăткăс лару-тăрăва малалла йывăрлатма усă кураççĕ. Уголовниксемпе экстремистсем право йĕркине хирĕç тăвакан ĕççенче çынсене вăйпа пусмăрлаççĕ, хăратаççĕ тата вĕсене хирĕç хĕçпăшалпа усă кураççĕ. Çавна пула çар çыннисем тата право йĕркине сыхлакан органсенче ĕçлекенсем хушшинче вилнисемпе аманнисем пулнă.

Совет Çарĕн салтакĕсемпе Шалти ĕççен министерствин шалти çарĕсен салтакĕсем, милиципе СССР Государство хăрушсăрлăхĕн комитечĕн сотрудникĕсем çак йывăр лару-тăрура май килнĕ таран тӳсĕмлĕ те чăтăмлă пулма тăрăшаççĕ. Хăйсен пурнăçне шеллемесĕр, вĕсем юн тăкас мар тесе, преступниксене хĕçпăшалпа отпор парассинчен тытăнса тăнă.

Анчах вăрă-хурахла ĕççем питĕ анлă сарăлнине пула лару-тăру чăтма çук йывăрланса çитрĕ. СССР оборона министерствин, Шалти ĕççен министерствин тата Государство хăрушсăрлăхĕн комитечĕн руководстви, устав требованийĕсене тата вăйра тăракан законсене çирĕп пăхăнса, салтаксене хĕçпăшалпа усă курма хушнă.

Асăннă мерăсем преступниксем малашне те хĕçпăшал тытса илессине чарса лартма, мирлĕ халăх хушшинче çĕнĕрен вилекенсем пуласран сыхланма, çар çыннисен тата право йĕркине сыхлакан органсенче ĕçлекенсен пурнăçне хӳтĕлеме пулăшмашкăн тивĕçлĕ.

*Паллашăр: çĕнĕ продукци*

# ЫРАНХИ КУН ВИÇИПЕ

Шупашкарти «Электроприбор» производство пĕрлешĕвĕнче çĕнĕ продукци — йăлара усă курмалли РК-03 йышши компьютер туса кăларма тытăннă.

Аста, пултаруллă, çĕннине канăçсăррăн шыракан рабочисем, инженерсем, конструкторсем йышлă «Электроприбор» пĕрлешӳре. Унăн тĕп предприятийĕ вă... щиксем хаваслансах килĕшнĕ çĕнĕ продукци туса кăларас енĕпе ĕçлеме. Малтанлăха 12-мĕш цехра энерги парса тăракан блок кăна хатĕрлеме...



# КПСС Шупашкар хула комитетĕнче

Партия Шупашкар хула комитечĕн бюровĕ КПСС хула комитечĕн бюровĕн членĕ, ВЛКСМ Шупашкар хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ В. И. Дубинин юлташ ВЛКСМ хула комитечĕн ĕçĕ... чĕсен Совечĕсенче, профсоюз комитечĕсенче, ĕç коллективĕсен, вĕренӳ заведенийĕсен самоуправлени органĕсенче, микрорайонсен обществăлла самоуправлени совечĕсенче, обществăлла организа...

...велтӑҫ Германири «Интерколь» фирмӑпа контракт тунӑ, килограмне 8 маркӑпа 500 тонна тӗк сутнӑ. «Комсомольская» — облаҫри чи тупӑшлӑ предприятисенчен пӗри. Вӑл пилӗк ҫуллӑх задание пурнӑҫланӑ, халӗ кунта кӑвакал ашне [illegible] Хӗвелтӑҫ Германи фирмипе контракт туни предприятие валюта ӗҫлесе илме май парать.

### Кишинев

Молдави столицинчи ботаника сачӗн территорийӗнче вырнаҫтарма йышӑннӑ театр-парк халӑх йӑлийӗркисен заповедникӗ пулса тӑрӗ. Кунта, сайра тӗл пулакан йывӑҫсем ӳсекен кӳлӗ ҫывӑхӗнче, молдаван халӑх архитектурин ҫурчӗсем, тӗрлӗрен ӗҫ пурнӑҫлакан ҫынсен мастерскойӗсем ҫӗкленӗҫ, сӑрт ҫинче вара чӑн-чӑн ҫил арманӗ ӳссе ларӗ. Наци культурин центрне Молдаври Йона Крянгэ писатель ячӗпе хисепленекен фольклорпа этнографи театрӗ пӑхса тӑрӗ. Кунтах унӑн спектаклӗсем иртӗҫ. Театр-паркра искусствӑсен шкулне йӗркелеҫҫӗ. Ӑна фольклорпа этнографи театрӗ ҫумӗнче туса хунӑ пулнӑ. Унта халех ӗнтӗ 300 яхӑн ача ҫӳрет.

### Суздаль

Владимир облаҫӗнчи ҫак авалхи музей-хулара уҫӑлнӑ «Дмитрий Михайлович Пожарский — вырӑс наци геройӗ» экспозици халӑх Раҫҫей ирӗклӗхӗпе никама пӑхӑнмалӑхӗшӗн кӗрешни ҫинчен каласа парать. Вӑл Спасо-Евфимиевски мӑнастирӗн Благовещени чиркӗвӗнче вырнаҫнӑ. Экспозици коллекцийӗ татах та пуянланнӑ. Кунта Пожарский-Хованский княҫсен ӑрӑвӗнчи ҫынсен виттӑприйӗсем ҫине хуракан плитасене илсе килнӗ. Ку плитасене ӗрешлесе ҫырнӑ, илемлетнӗ. Экспонатсем хушшинче Пожарский князь кӗрӗкӗ, Евангели, ытти япаласем пур.

### Новосибирск

Ҫак хулари изобретательсемпе рационализаторсен творчествин выставки кунта курма килекенсене Кремль куранчӗсен сассипе кӗтсе илет. Экспозицире 1:100 масштабпа тунӑ башньӑн модельне вырнаҫтарнӑ. Ӑна чӑн-чӑн башня пекех тӗп-тӗрӗс туни ҫынсене чӑннипех тӗлӗнтерет. Ӑстаҫӑ башньӑн 57,5 пин кирпӗчне те касса палӑртнӑ. Автор — П. Корякин пенсионер — ытти элементсене те ҫакӑн пекех тӑрӑшса пурнӑҫланӑ. Кунта пирамидӑсемпе шӑнкӑрavсене, апӑслипа упа кӗлеткисене, тӗп-тӗрӗс вӑхӑта кӑтартакан сехет йӗпписене, башньӑн ҫӑлтӑрне те курма пулать.

# ЫРАНХИ КУН ВИҪИПЕ

Шупашкарти «Электроприбор» производство пӗрлешӗвӗн-че ҫӗнӗ продукци — кӑларо усӑ курмалли РК-03 йышши компьютер туса кӑларма тытӑннӑ.

Аста, пултарулла, ҫӗннине канӑҫсӑррӑн шыракан рабочисем, инженерсем, конструкторсем йышлӑ «Электроприбор» пӗрлешӳре. Унӑн тӗп предприятийӗ вӑтӑр ҫул ытла ӗҫлет. Ҫак хушӑра кунти конструктор бюровӗсемпе цехсенче нумай-нумай йышши изделисем туса кӑларма вӗренсе ҫитнӗ. Вӗсене Тӑван ҫӗршывӑн мӗнпур кӗтесӗсене ярса параҫҫӗ, экспорт заказӗпе те ӑсатаҫҫӗ. Паян халӑх хуҫалӑхӗнче «Электроприбор» маркиллӗ приборсемпе усӑ курман отрасль ҫук та, темелле.

Малтанхи вӑхӑтра электричество хӑватне виҫмелли стрелкӑллӑ тата циферблатлӑ приборсем кӑна туса кӑларнӑ кунти цехсенче. Каярахпа цифрӑллӑ приборсем тума хӑнӑхнӑ. Вӗсен ӑрӑвӗ те улшӑнсах тӑрать. Ҫакӑ вӑл ҫӗршывра наука-техника аталанӑвӗ хӑвӑртланнипе тачӑ ҫыхӑннӑ.

12-мӗш цех. Кунта хӑйне евӗр «рабочисен аристократийӗ» шутне кӗрекен ӑстаҫӑсем вуншарӑн. Вӗсем чи ҫӗнӗ йышши приборсене алла илеҫҫӗ, вӗсене серипе туса кӑларассине йӗркелеҫҫӗ, техникӑри вӑрӑм ҫул ҫине кӑлараҫҫӗ. Регулировщик специальноҫӗ питӗ кӑткӑс. Унӑн автоматика, телемеханика, микропроцессор технологийӗсене лайӑх пӗлмелле. Ҫав тери тӗрӗс ӗҫлемелли приборсенче пӗр йӑнӑш та пулмалла мар. Унсӑрӑн пӗтӗм коллектив ӗҫӗ пӑрахӑҫа тухать.

Нумай пулмасть пӗрлешӳре ҫакӑн пек хӑюллӑ шухӑш ҫуралнӑ: пурнӑҫра информатика хатӗрӗсемпе анлӑ усӑ курас ыйту сивӗччӗн тухса тӑнӑ пулсан, ҫавӑн пек продукцие кунти цехсенче туса кӑларма май килмест-и? Паллах, пурте ырланӑ ку шухӑша. Анчах ҫӗнӗ ӗҫе ӑҫтан тата мӗнле тытӑнмалла, ӑна камсене шанса памалла? Чи хӑюллисем — В. Александров инженер-конструктор, Л. Рыжкова технолог, В. Васильев, В. Лазарев, К. Хмырев, В. Семенов регулировщиксем хавасланса килӗшнӗ ҫӗнӗ продукци туса кӑларас енӗпе ӗҫлеме. Малтанлӑха 12-мӗш цехра энерги парса тӑракан блок кӑна хатӗрлеме пултарнӑ. Ытти узелсене — платӑсене, клавиатурӑна урӑх ҫӗртен илсе тӑнӑ. Анчах ку ҫулпа нумаях малалла каяймӑн. Ҫавӑнпа ҫӗнӗ майсем шыранӑ. Халӗ, акӑ, платӑсене цехрах хатӗрлеҫҫӗ. Клавиатура ҫукки вара ҫав-ҫавах чӑрмантарать.

— Январь уйӑхӗнче 200 компьютер туса кӑлармалла, —тет В. Васильев регулировщик. — Анчах клавиатурӑна ҫав-ҫавах ярса памаҫҫӗ-ха. Ытти кӑлтӑксем те пур. Ахальтен мар ӗнтӗ малтан сутнӑ компьютерсем ҫынсен ыйтӑвне тулли тивӗҫтермен, рекламацисем килчӗҫ. Хакне те йӳнетме пулать.

Пӗр пӳлӗмре — темиҫе сӗтел. Вӗсем ҫинче — платӑсемпе блоксем, тин пухма тытӑннӑ компьютерсем. Кашни регулировщик умӗнчех телевизор, магнитофон пур. Клавишсем ҫине пусса, экран ҫинчи ӳкерчӗксене сӑнаҫҫӗ. Компьютер задани илет, ӑна сийӗнчех пурнӑҫлама тытӑнать. Улшӑнсах тӑрать симӗс тӗслӗ ӳкерчӗк, вырӑнтан-вырӑна куҫать, пустарӑнать, саланать. Ҫапла вара тӗрлӗ фигурӑсем ӳкерӗнеҫҫӗ. Кӗҫех экран ҫинче сак сӑмахсене вулатпӑр: «Вӑйӑ вӗҫленчӗ. Очкосен хисепӗ...»

Тӑватӑ регулировщикӑн пӗр самантрах вуншар ыйту татса памалла. Пурне те тӗплӗн шутласа, виҫсе, танлаштарса, тӗрӗслесе пӑхса ӗҫлеҫҫӗ вӗсем. Опычӗ те, пӗлӗвӗ ҫителӗклех. Тӗслӗхрен, Вячеслав Васильев Чӑваш государство университечӗн автоматикӑпа телемеханика факультетӗнчен вӗренсе тухнӑ. 12 ҫул ӗнтӗ кӑткӑс приборсене пухса йӗркелет. Василий Лазарев та — инженер-телемеханик. Вӗсен юлташӗсем ятарлӑ техникум дипломӗ илнӗ. Апла пулин те, регулировщиксем вӗҫӗмсӗр вӗренеҫҫӗ, унсӑрӑн тӗлӗнмелле хӑвӑрт ҫӗнелекен техника утӑмӗнчен тӑрса юлатӑн.

— Тӳрех калатӑп, КР-03 —пирӗн пӗрремӗш ӗҫ. Вӑл информатикӑра чи ансат прибор шутланать, — ӑнлантарать В. Васильев. — Малтанхи 300 прибора суту-илӳ организацийӗсене ярса панӑ ӗнтӗ. Кӑҫал икӗ пин компьютертан кая мар туса кӑларасшӑн. Ҫак компьютер хӑйне евӗр букварь пекех. Мӗншӗн тесен халлӗхе пирӗн ҫынсем компьютерпа усӑ курма тата ӗҫлеме кӑна мар, вӑл мӗн иккенне те пӗлмеҫҫӗха. 12-мӗш цехра пухакан прибор вара информатика енӗпе малтанхи пӗлӳ тата хӑнӑху илме пулӑшать. Унпа ача сачӗсемпе шкулсенче анлӑн усӑ курасса шанас килет. Информатика вӑййисем, шутлавсем иртерме вӗрентнӗ ҫерте питех те кирлӗ вӗсем.

Регулировщиксем ҫапла каласа пачӗҫ. КР-03 компьютерӑн астӑвӑмӗ пысӑках мар, пурӗ те 16 килобайт чухлӗ кӑна. Куратӑр-и, килобайт тени те — ӑнланман сӑмах. Мӗн тӑвӑн, информатикӑн хӑйӗн чӗлхи. Ӑна та сине тӑрса вӗренмелле.

«Электроприбор» пӗрлешӳре туса кӑларакан ҫӗнӗ продукцие магазинсенче сутаҫҫӗ ӗнтӗ. В. Васильевпа унӑн тусӗсем вара малашне чылай кӑткӑсрах компьютерсем туса кӑларма ӗмӗтленеҫҫӗ. Ку вӑл — вӑхӑт ыйтӑвӗ.

**А. НИКОЛАЕВ.**



● Г. Хмыревпа В. Васильев регулировщиксем КР-03 компьютерсене ӗҫлеттерсе тӗрӗслеҫҫӗ.

Ю. Дмитриев фотоӳкерчӗкӗ.

# КПСС Шупашкар хула комитетӗнче

Партин Шупашкар хула комитечӗн бюровӗ КПСС хула комитечӗн бюровӗн членӗ, ВЛКСМ Шупашкар хула комитечӗн пӗррремӗш секретарӗ В. И. Дубинин юлташ ВЛКСМ хула комитечӗн ӗҫӗ-хӗлӗн формисемпе меслечӗсене ҫӗнетсе улӑштарас тӗлӗшпе мӗнле ӗҫлени ҫинчен туса панӑ отчета итленӗ.

Ҫакна палӑртнӑ: 1988 ҫулхи ноябрьтенпе иртнӗ тапхӑрта В. И. Дубинин юлташ, хулари комсомол организацийӗнчи ӗҫсем мӗнле пынине тӗпчесе, чи малтан татса памалли задачӑсене, ҫул-йӗрсемпе меслетсене палӑртнӑ, комсомолӑн хула комитечӗн ӗҫне ҫӗнетсе улӑштарас тӗлӗшпе усӑ курмалли формӑсене суйласа илнӗ. Вӑл пусарнипе ВЛКСМ хула комитечӗн ҫӗнӗ составӗн ытларах пайне комсомолӑн пуҫламӑш организацийӗсем суйланӑ, ВЛКСМ хула комитечӗн членӗсенчен организациллӗ пленумра яланхи комиссисем туса хунӑ.

В. И. Дубинин ҫамрӑксен ҫурт-йӗр комплексне тума, ҫамрӑксен хуҫалӑх расчечӗпе ӗҫлекен, наукӑпа техника творчествин центрӗсене йӗркелеме активлӑ пулӑшать.

Кунпа пӗрлех В. И. Дубинин юлташ хулари комсомол организацийӗн ӗҫӗ-хӗлӗнчи тӳнтерле пулӑмсене — ҫамрӑксем хушшинче комсомол авторитечӗ чакса пынине, организацие политикӑлла ӗҫе вӑйсӑрлатнине, ҫамрӑксен ыйтӑвӗсене татса парас тӗлӗшпе конкретлӑ, конструктивлӑ, витӗмлӗ мерӑсем йышӑнманнине — пӗтерес тӗлӗшпе комсомол активӗн вӑйхалне пӗтӗстерме пултарайман. Тӗп ыйтусене уйрӑммӑн лартасси, ВЛКСМ хула комитечӗн бюровӗн тата унӑн аппарачӗн сав ыйтусем ҫине тимлӗрех пӑхасси тивӗҫлӗ шайра мар.

КПСС хула комитечӗн бюровӗ В. И. Дубинин юлташа комсомол активӗпе тата кадрсемпе ӗҫлемелли витӗмлӗ система туса хума сӗннӗ, ҫакӑ ҫамрӑксен пуҫарулӑхне, хӑйтӗлленлӗхне тата ответлӑхне ӳстерме пулӑшмалла. Яланхи комиссисен руководителӗсем пулса тӑракан ВЛКСМ хула комитечӗн бюровӗн членӗсем ӗҫсен конкретлӑ ҫулйӗрне туса хатӗрлессишӗн, хулари комсомол организацийӗн ӗҫӗ-хӗлӗн ҫивӗч ыйтӑвӗсене татса парассишӗн комсомолӑн хула комитечӗ умӗнче кашниех ответлӑ пултӑр тесе ӗҫлемелле. Ӑна ВЛКСМ хула комитечӗн членӗнче тӑракан коммунистсен шутӗнчен парти ушкӑнне туса хума хушнӑ. Комсомол конференцийӗсенче панӑ асӑрхаттарусемпе сӗнӳсене шута илсе ВЛКСМ хула комитечӗсемпе райкомӗсен, комсомолӑн пуҫламӑш организацийӗсен ӗҫӗсемпе тивӗҫӗсене палӑртмалла. Вӗсен хӑйтӗлленлӗхне шута илсе ӗҫсен формипе меслечӗсене суйласа илмелле. Халӑх депутачӗсен Советӗсенче, профсоюз комитечӗсенче, ӗҫ коллективӗсен, вӗренӳ заведенийӗсен самоуправлени органӗсенче, микрорайонсен обществӑлла самоуправлени совечӗсенче, обществӑлла организацисенче ҫамрӑксен ыйтӑвӗсене татса парас ӗҫе комсомолецсемпе ҫамрӑксене ытларах хутшӑнтармалла. вӗсен ӗҫне активлӑрах йӗрнелемелле , ҫавӑн пекех ӗҫ коллективӗсен, районсемпе хулан социаллӑ пурнӑҫпа экономика аталанӑвӗн планӗсене ҫамрӑксен ӗҫне, вӗренӗвне тата канӑвне пырса тивекен уйрӑмсене кӗртмелле.

КПСС хула комитечӗн бюровӗ В. И. Дубинин юлташа депутатсемпе специалистсене хутшӑнтарса 1990 — 1995 ҫулсем валли «Хула ҫамрӑкӗсем» комплекслӑ программа туса хатӗрлеме хушнӑ. Ҫав программӑна хулари ҫамрӑксен политика платформине туса хатӗрленӗ чухне анлӑн сӳтсе явмалла.

Халӑха вӗрентес ӗҫӗн хулари пайӗпе пӗрле халӑха вӗрентес ӗҫ реформин ыйтӑвӗсем тӑрӑх шкул конференцине иртермелле. Шкул ӗҫне учительсемпе вӗренекенсен комсомол организацийӗсене анлӑн хутшӑнтармалла.

ВЛКСМ хула комитечӗн бюровӗн, аппарачӗн, ВЛКСМ район комитечӗсен тата комсомол пуҫламӑш организацийӗсен секретарӗсен совечӗн шалти ӗҫне ҫирӗплетме, хулари комсомол организацийӗн авторитетне, пӗтӗҫӳлӗхне тата сивӗчлӗхне ӳстермешкӗн сине тӑрса ӗҫлемелле. Халӑх пурӑнакан вырӑнта ӗҫсене системӑпа туса пырасси, микрорайонсенче физкультурӑпа спорта аталантарасси, культурӑпа массӑллӑ ӗҫсене пурнӑҫласси ҫине уйрӑмах тимлӗ пӑхмалла.

В. И. Дубинин юлташа ҫамрӑксен тата НТТМ центрӗсен ӗҫне контроллесе тӑма, кадрсене суйласа илсе вырнаҫтарассишӗн тата воспитани парассишӗн, финанспа хуҫалӑх ӗҫне туса пырассишӗн, пурлӑхпа техника никӗсне ҫирӗплетессишӗн, коллективсен социаллӑ пурнӑҫ аталанӑвӗшӗн тата ҫамрӑксен пушӑ вӑхӑтне йӗркелес ӗҫшӗн ҫамрӑксен творчество ушкӑнӗсене ертсе пыракансенчен ҫирӗпрех ыйтма сӗнчӗ.

КПСС хула комитечӗн бюровӗ совет халӑхӗ 1941 — 1945 ҫулсенчи Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑра ҫӗнтерӳ тунӑранпа 45 ҫул ҫитнине паллӑ тӑвасси ҫинчен ыйту пӑхса тухнӑ.

1990 ҫулхи январӗн 25 — 26-мӗшӗсенче КПСС хула комитечӗн черетлӗ VII пленумне пухма йышӑннӑ.

КПСС хула комитечӗн бюровӗ ССР Союзӗнчи халӑхсен поэчӗсем Шупашкар хули ҫинчен ҫырнӑ сӑвӑсене чӑвашла тата вырӑсла кусарса сувенир кӑларӑмӗ хатӗрлесси ҫинчен панӑ сӗнӗве ырланӑ.

# ӐМӐРТУРА—МАЛТА

Иртнӗ ҫулталӑка «Большеторханский» совхозри выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансем япӑх мар кӑтартусемпе вӗҫлерӗҫ. Хуҫалӑх государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем сутмалли заказа сӗтпе 123 процент, аш-какайпа — 102, ҫӑмпа 111 процент пурнӑҫларӗ.

Мӑнтурхансем халӗ хастарлӑха татах вӑйлатрӗҫ. Комплексра ӗҫлекен доярккасем кашни ӗнерен талӑкра 8,8 килограмм сӗт сӑваҫҫӗ. Ку вӑл пӗлтӗрхи ҫав вӑхӑтрипе танлаштарсан, виҫӗ килограмм нумайрах.

Иртнӗ ҫулта Лидия Александровна Петровапа Зоя Петровна Миронова доярккасем хӑйсен ушкӑнӗнчи ӗнесенчен 4-шар пин килограмм сӗт суса районта малти вырӑна тухрӗҫ.

Комплексри ҫынсен ыйтӑвӗсене пур енлӗн тивӗҫтерме тӑрӑшаҫҫӗ. Мӗнпур ӗҫе механизациленӗ. Душ-сауна, пур, буфет ӗҫлет. Хӗрлӗ кӗтесре ӗҫ итогӗсене вӑхӑтра пӑхса тухаҫҫӗ. Ҫӗнтерӳҫӗсен ячӗпе Ӗҫ мухтавӗн ялавне ҫӗклеҫҫӗ.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**
Вӑрнар районӗ.

# КАЯ ЮЛНИ КИЛӖШМЕСТ

«Чувашстройматериалы» производство пӗрлешӗвӗн предприятийӗсенче кашни кун продукци мӗн чухлӗ туса кӑларнине шута илетпӗр. Ҫакӑн усси пысӑк. Производствӑра ӗҫсене куллен-кун тишкерме, юлса пыракан участоксенче васкавлӑ мерӑсем йышӑнма май килет.

1990 ҫулӑн икӗ эрни мӗн кӑтартса пачӗ-ха? Предприятисенчен чылайӑшӗ государство заказне ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама тытӑннӑ. Акӑ, Шупашкарти «Стройкерамика» заводра январӗн 15-мӗшӗ тӗлне 2 миллион кирпӗч, 28,5 пин тӑваткал метр плитка, 6,8 пин кубометр керамзит туса кӑларнӑ. Предприяти графика ҫирӗп тытса пырать. Пӑрачкаври кирпӗч заводӗнче ҫак хушӑра планран иртерсе 34 пин кирпӗч туса кӑларнӑ. Ҫӗнӗ предприяти — Канашри стенасем купаламалли материалсен завочӗ — 600 пин ытла кирпӗч панӑ. Шупашкарти строительство материалӗсен завочӗ те, стройкӑсене икӗ эрнере 3,1 миллион кирпӗч ӑсатса, хӑйӗн тивӗҫне чыслӑ пурнӑҫланӑ.

Анчах пӗрлешӳре е уйрӑм предприятисенче кирлӗ пек хӑвӑртлӑх ҫитмест-ха. Ҫӗнӗ Шупашкарти, Сӗнтӗрвӑрринчи, Йӗпреҫри заводсем парӑма кӗнӗ. Вӗсем кирпӗч сахал туса кӑларнӑран строительство объекчӗсенче лару-тӑру йывӑрланнӑ.

Халӗ кашни предприятирех пӗррремӗш эрнесенчи ӗҫе тӗплӗн тишкереҫҫӗ, январь планне пӗтӗмпех тултарма тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнаҫҫӗ.

**Г. АКСАНОВА,**
пӗрлешӗвӗн аслӑ экономисчӗ.

# ПУРĂНАТЬ ЯЛТА ВЕТЕРАН

**...ВАТАРМĔШ ÇУЛСЕН ВĔÇĔНЧЕ ЯСТРЕБОВСЕН ЙЫШЛĂ СЕМЙИ МУСКАВА КУÇСА КАЙНĂ. ÇАКĂНТА ПУÇЛАСА «ВĂРÇĂ» ХЫПАРĔ ИЛТНĔ САКĂР КЛАСС ПĔТЕРНĔ МАША. ПИЧЧĔШĔСЕНЕ ФРОНТА АСАТНĂ ХЫÇÇĂН СЕМЬЕ ЭВАКУАЦИ ЙĔРКИПЕ ТĂВАН ЯЛА — АКЧЕЛЕ ТАВРĂННĂ. ÇИТĔННИСЕМПЕ ТАН ЫРМИ-КАНМИ ĔÇЛЕНĔ ĔНЕРХИ ХУЛА ХĔРАЧИ ЯЛ УЯ-ХИРĔНЧЕ. КАШНИ САЛТАК АРĂМĔ, ВАТТИ-ВĔТТИ ÇĔНТЕРӲ КУННЕ СЫВХАРТМА ТĂРĂШНĂ. ЕЛЧĔКРИ ВĂТАМ ШКУЛТА ВĔРЕНЕКЕН МАША ТА «ОСОАВИАХИМ» КРУЖОКА ÇӲРЕНĔ, ПĂШАЛ ПЕМЕ, ЫТТИ ĂСТАЛĂХА ВĔРЕННĔ. «ВОРОШИЛОВСКИЙ СТРЕЛОК» ЗНАЧОК ИЛМЕ ТИВĔÇ ПУЛНĂ. ВĂТАМ ШКУЛ ПĔТЕРСЕН, ВЛКСМ РАЙКОМĔН ИНСТРУКТОРНЕ ИЛНĔ ĂНА. ФРОНТА АПАТ-ÇИМĔÇПЕ, ТУМТИРПЕ ПУЛĂШАС ĔÇРЕ ВĂХĂТНЕ УЯМАН.**

ВĔРИ ПУЛНĂ тин çеç вунсаккăра пуснă хĕр чĕри. Тăван çĕршыв ирĕклĕхĕшĕн кĕрешме çуннă. Вăрçăн виççĕмĕш çулĕн кăрлач уйăхĕнче Патреккел хĕрĕпе Женя Енейкинăпа пĕрле Маша Ястребова та фронта тухса кайнă. Кĕске хушăрах радисткăна тата пулеметчицăна вĕренсе тухнă. Унтан — хаяр çапăçусем. Мускав патĕнчен пуçласа Германие илсе çитерĕ вăрçăн йывăр çулĕ Елчĕк хĕрне.

Мирлĕ пурнăçра тĕрлĕ ĕçре вăй хунă М. Ястребова. Районти çутĕç пайĕ çумĕнчи ачасен техника станцийĕн директорĕ, районти радиовещани редакторĕ пулнă. «Колхоз ялавĕ» хаçатăн литература сотрудникĕнче тăрăшнă. Çав хушăрах Çĕрпӳри библиотека техникумне пĕтернĕ, Шупашкарти педагогика институтĕнче заочно вĕреннĕ. 1956 çулта ăна Патреккел хорне ертсе пыма шаннă. Çăмăл пулман. Малтанхи çулсенче хор репетицийĕсене ялтан яла çӳресе ирттернĕ. «Прогресс» колхоз вара — пĕчĕк мар, ултă яла пĕрлештерет. Калама ансат: кунсерен çӳре-ха çуран ялтан яла, çитменнине, çĕрлехи вăхăтра. Юрать, колхоз председателĕ А. Иванов — çын тăрăшулăхне, культура ĕçне хаклама пĕлекенскер. Вăл сĕннипе, ялсенчи коллективсем пĕрле пухăнса, репетицисене Патреккел ялĕнче ирттерме тытăннă.

ПĔЛСЕ ЕРТСЕ ПЫМА пĕлӳ кирлĕ. М. Ястребова çуллен республикăри халăх творчествин çуртĕ çумĕнче йĕркеленĕ курссенче вĕреннĕ. Час ах хорта тăватă сасăпа юрлама хăнăхнă, репертуар чăваш ташшисемпе, пĕчĕк е иккĕн юрламалли юрăсемпе пуянланнă. Çултан-çул туптаннă ăсталăх. Смотрсенче темиçе хутчен те хор районта çеç мар, республикăра малти вырăнсене йышăннă, дипломсем, хаклă парнесем илме тивĕç пулнă. Çапла вара Патреккел хорĕн чапĕ пĕтĕм республикипех сарăлнă. 1968 çулта халăх творчествине сарас ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунăшăн Патреккел хорне халăх хорĕн ятне параççĕ. Руководителĕ вара — М. Ястребова. Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ хисеплĕ ят илме тивĕç пулать. Унччен кăшт маларах ăна «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль парса чысланă.

М. Ястребова коммунистăн авторитечĕ халăх хушшинче ӳссе пынă. Вунпĕр хутчен Елчĕк ял Совечĕн депутатне суйланă ăна. Сессисенче, ял

### Этем кунçулĕ

Совечĕн ĕçтăвкомĕн ларăвĕсенче М. Ястребова депутат яланах çивĕч ыйтусем хускатнă, ĕçе вĕçне çитерме тăрăшнă. Чун хавалĕн çирĕплĕхне пула-и, тен, часах ăна Елчĕк ял Совечĕн председателĕ пулма шаннă. Ял культурин шайне ӳстерес, вăрçă тата ĕç ветеранĕсене, пĕччен пурăнакан ватăсене пулăшу парас, ялсене тирпей-илем кĕртес енĕпе нумай тăрăшнă.

Çулсем иртрĕç. Хĕрӳ ĕçре сисĕнмесĕрех тивĕçлĕ канава каймалли вăхăт та çитрĕ. Сывлăхĕ хавшама пуçланăран, хăй ыйтнипе, М. Ястребова коммуниста урăх ĕç сĕнчĕç — районти «Сельхозхими» уйрăмĕнче кадрсен пайĕн пуçлăхĕ пулса ĕçлеме тытăнчĕ вăл. Анчах пур-ши канăççăр чĕреллĕ коммунистшăн лăпкă ĕç? Кĕске вăхăтрах рабочисен тус-юлташĕ пулса тăчĕ. Коллективри коммунистсемпе рабочисем ăна вырăнти парти организацине ертсе пыма, рабочком председателĕ пулса ĕçлеме шанчĕç.

ÇЫННАН ЧУН-ЧĔРИ ТАСАЛĂХНЕ, кăмăл туртăмлăхне общество пурнăçне мĕнле хутшăннине кура хаклатпăр. Обществăлла ĕç — тӳлевсĕр ĕç. Çакăнта ĕнтĕ çыннăн сăнсăпачĕ яр-уççăн палăрать. Колхозри хĕрарăмсен совечĕн председателĕ, районти мир совечĕн председателĕ, рабочком председателĕ, парторганизаци секретарĕ пулнă Мария Васильевна. Ĕç тата вăрçă ветеранĕ общество ĕçне еплерех хакланине çинчен Совет хĕрарăмĕсен комитечĕн председателĕ В. Терешкова алă пуснă Хисеп хучĕ те, çĕршыври Мире хӳтĕлекенсен комитечĕн вичĕ медалĕ те, ытти Хисеп тата Тав хучĕсем те уççăн кăтартса параççĕ. М. Ястребова хушаматне темиçе хутчен те районти Хисеп кĕнекине кĕртнĕ.

Кану мĕнне пĕлмест ветеран. Халĕ те вăл райпон уполномоченнăйĕ, ялти лавкка комиссийĕн председателĕ, районти комсомол ветеранĕсен совечĕн секретарĕ. Йĕркесĕрлĕхсемшĕн чунĕ ыратать, пуриншĕн те тăрăшать, ăнтăлать.

Ватлăх илемĕ çуратса çитĕнтернĕ ача-пăча уссинче, тетпĕр. Икĕ ача пăхса ӳстернĕ Мария Васильевна. Ывăлĕ Чăваш государство университетĕнчен вĕренсе тухса, нумай çул хушши Елчĕкри вăтам шкулта истори учителĕнче ĕçлерĕ. Халĕ Геннадий Владимирович — шкул директорĕ. Ăста пропагандист. Хĕрĕ, Тамара, ача-пăча тухтăрĕ. Мăнукĕсем те çитĕнсех пыраççĕ.

Илемлĕ Тукас урамĕнчи шатрун йывăç çурт. Пӳрт умĕнчи пахчара — тĕрлĕ-тĕрлĕ чечексем, йывăççем... Хыçалта — сад-пахча. Çуллахи вăхăтра çурт тавраш пушшех те хитре: кунĕпех ача-пăча сасси таталмасть. Кусем—асламăшĕпе кукамăшĕн кĕтнĕ хăнисем — мăнукĕсем.

ПУРĂНАТЬ ЯЛТА ВЕТЕРАН. Çамрăк мар ĕнтĕ, çитмĕлелле туртăнать. Пĕр шутласан, канлĕ, лăпкă пурнăçпа çеç пурăнмалла пек хĕрарăмăн; ватлăхра мĕн кирли — пурте пур. Анчах апла пурăнма хăнăхман Мария Васильевна. Мĕн тăвăн, çынни çавнашкал —канăççăр, ӳркенме пĕлменскер.

**А. МАРКОВ,**
**обществăлла корреспондент.**

Елчĕк районĕ,
Акчел ялĕ.

*Халăх йăла-йĕркине—пурнăçа*

# ÇĔНЪЯЛТИ УЛАХ

**«АЙТАР КАПАННЕ АЯЛТАН ТУРТАÇÇĔ...» ТУПСĂМНЕ ПĔЛЕТĔР-И? КĔНЧЕЛЕ АРЛАНИ ПУЛАТЬ ИККЕН. ВĂР ТА ВĂР! ÇАВРĂНАТЬ ÇИППЕ ТУЛСА ПЫРАКАН ЙĔКЕ. АЛСИШ ЯЕППИ ВĔЛТЛЕТЕТ КĂНА. КАМСЕН АЛЛИНЧЕ ТЕТĔР? АСАННЕСЕННИНЧЕ, ПАЛЛĂХ. ПАЯН ВĔСЕМ ÇĔНЬЯЛТИ КЛУБА ХĂЙСЕН ЧĔРЕТЛĔ УЛАХНЕ ПЫНĂ. КАШТА ÇИНЧИ ШУР ЧĂХСЕМ ЕВĔР, ШĂКĂРИН ЛАРСА ТУХНĂ СТЕНА ÇУМĔНЧИ ПУКАНСЕМ ÇИНЧЕ. ÇАМРĂКЛĂХА АСĂ ИЛСЕ-ШИ, ПУРТЕ ТЕНĔ ПЕКЕХ ЧĔНТЕРЛĔ Е ТĔРĔЛЛĔ АРКĂЛЛĂ ШУРĂ КĔПЕ ТĂХĂННĂ, УМЛĂ САППУН ÇАКНĂ. УРИСЕНЧЕ — ÇУТĂТСА ТАСАТНĂ ÇĂРАН АТĂ.**

АКА, пĕри «Аçта каян, чĕкеç» юрă тăсса ячĕ, ыттисем ăна пулăшма васкарĕç. Юрă кĕвви ташă çеммипе ылмашăнать. Хăва пек йăрăс пӳллĕ хĕрсем, чăваш çипуçне тăхăнăскерсем, — кусем ялти Культура çуртĕн ташăçисем ĕнтĕ, — улах хĕрĕсен ушкăнĕнче акăш евĕр яранаççĕ. Ах, хитре те-çке хусканăвĕсем!

Аслăраххисем астăваççĕ пулĕ те, пирĕн ăрури çынсем вара улахра, вăйă картисенче пулсах курман. Тахçан, çирĕмвăтăр çул каялла, Красноармейски ярмăрккинче каçкӳлĕм таврари ялсенчи чăваш тумлĕ яш-кĕрĕм пĕрле пухăнса, алла-аллăн тытăнса, пасар вырăнĕнче çакнашкал юрласа-ташланине астăватăп. Халăхăн ырă йăли-йĕркипе çыхăннă пĕтĕм ăнлану та — кĕнекерен, спектакльсенчи иртнĕ вăхăтри сценăсемпе кăна çыхăннă.

Халĕ, ава, улах ларни куç умĕнчех. Алĕç хатĕрĕ кăна мар, музыка инструменчĕсем те илсе килнĕ асаннесем хăйсемпе пĕрле. Гитара, балалайка, мандолина хĕлĕхĕсен, йывăç кашăк, шăкăрма, хăнкăрмаллă уçă парăппан сасси пĕр кĕвве пĕрлешсе килĕшӳллĕн янăрани май, шыв пек шăнкăртатса, чуна тыткăнласа, юхнăçемĕн юхать халăх юрри. Пĕри тепринипе улшăнать.

Унччен те пулмасть, пӳлĕме çветкесем вирхĕнсе кĕреççĕ — кам ухват-турчкапа, кам — шăпăрпа. Юрлаççĕ, ташлаççĕ, шӳтлеççĕ. Ларма хĕрĕсене кăна мар, курма пынă яш-кĕрĕме, ача-пăчана ташă картине туртаççĕ. Хăйсем, халăх умне тухас умĕн, асаннесен арчисене самаях тустарнă пулас: сурпансем сырписем, сăхман тăхăннисем пур. Урисенче — çăпата. Ашша пиçĕхиччен таплаттараççĕ вĕт, клуб урайĕ авăнчĕ кăна. Чăн-чăн артистсенчен пĕрре те кая мар тытрĕç хăйсене çветкесем. Сăрлансатумланса лартнă та, паллама çук: те çамрăк, те ватă. Кайран пĕлтĕм вара — пурте ялти çамрăксем, шкул ачисем пулчĕç-мĕн.

Тупмалли юмах парса хăшкăлтарчĕç «маскăсем» ларма хĕрсене. Тупсăмне пĕлекенсене кучченеçпе хăналарĕç, тавçăрусăррисене вара «шуйттан картине» айăпа каçарттарма сĕтĕрчĕç. Халăх историне, унăн йăли-йĕркине, уявĕсене пĕлетĕн-и, — пурне те шĕкĕлчесе ыйтса пĕлеççĕ.

Асаннесен улахне профсоюзсен область советĕнче ĕçлекен Л. Фомин пушă алăпа пыман. Вăл — кино ӳкерме юратакан çын. Хăй вăхăтĕнче çак каçсене пленка çине асăнмалăх ӳкернĕ. Халĕ хăйĕн ĕçне халăх умне тепĕр хут кăларчĕ. Экран çинчи кадрсенче — вăйă-кулă, улах каçĕсем. Куракансем пĕр-пĕрне палласа илчĕç, асаилӳсен çăмхине сӳтрĕç.

Каллех юхать юрă. Ĕçлепĕ, юрланă-ташланă, — кайма та вăхăт ĕнтĕ. Улах хĕрĕсем карталанса юрласа çаврăнса тепĕр пӳлĕме куçрĕç. Кунта пăс кăларса ларакан сăмавар кĕтет.

Малтанах çакна асăрхарăм-ха: клуба васкакан ватăсем хул хушшине кĕнчеле хĕстернипех çырлахман, алла хутаçкарçинкка тытнă, хăнана васкаççĕ, тейĕн. Улах ларма килнисем хăйсем хатĕрленĕ-пĕçернĕ апат-çимĕçе ыттисене сăйлама илсе килеççĕ-мĕн. Сĕтелĕ тулăх, апат-çимĕçпе авăнать. Мĕн кăна çук-ши: кукли-хуплăвĕ, хăяр-купăсти, салачĕ-винегречĕ, варени-компочĕ. Пурте хăйсем патнелле туртаççĕ. Кăмака улмипе тăварланă купăста çулçи тата! Асаннесен аллипе тунăскерсем, тутлă çав, нимĕнле котлет-шницель те кирлĕ мар!

ÇАПЛА, пĕрле пухăнса алĕç тума, юрласа-ташласа савăнма, çемье çыннисем пек чей сĕтелĕ хушшине ларса, пĕрпĕрипе чуна уçса калаçма пĕлеççĕ çĕньялсем. Асаннесемшĕн ялти Культура çуртĕ тахçанах иккĕмĕш кил пулса тăнă. «Ахаль ларнинчен кĕрĕк арки йăвала», — тенĕ ваттисен сăмахне тĕпе хурса, вунă çул каяллах пĕр ушкăна пĕрлешнĕ вĕсем. Ара, çын çинче пусăрăнчăк кăмăл уçăлать, хуйхи-суйхи те манăçать-çке.

Клуба çӳрекенсенчен чи аслă Е. Андреева — сакăрвун тăваттăра. Асаннесене çамраккисем çавăнăçулăхпа вăр-вар пулнăшăн, улахсене çӳреме вăхăт тупнăшăн пурне те ырламалла. А. Владимирова, Т. Тимофеева, Р. Иванова, Л. Егорова, Г. Владимирова, Р. Андреева уйрăмах пуçарулла пулнине палăртмалла. Кашни мероприятиех хутшăнма тăрăшаççĕ пенсионеркăсем, пĕрнепĕрн хавхалантарса пыраççĕ. Тĕрĕссипе, «Асанне» клуб — воспитани шкулĕ те. Халĕ, çамрăксем хушшинчи хутшăнусем çивĕчленсе пынă чух, унăн пĕлтерĕшĕ палăрмаллах ӳсрĕ. Çĕньялти яш-кĕрĕмĕн çил хăваласа çӳреме вăхăт çукрах. Каçсерен клуба васкаççĕ, спорт секцийĕсенче ӳт-пĕве пиçĕхтереççĕ, ташă кружокĕсенче илемлĕх тĕнчин асамлăхне алла илеççĕ. Асаннесемпе пĕр чĕлхе тупнă, темелле. Пĕрле юрă-ташша хутшăнаççĕ, аслисенчен вĕренсе пыраççĕ. Улахра халăха савăнтаракан çветкесем те — вĕсемех.

Паллах, кирек епле мероприятие те йĕркелесе ертсе пыракан кирлĕ. Уй пеккисем, çынсен чун-чĕринче хĕлхем чĕртекенсем, Çĕньялта сахал мар. Вăтам шкул учителĕсем, Калыков ячĕпе хисепленекен совхоз специалисчĕсем Культура çуртĕпе тачă çыхăну тытаççĕ. Йĕркелесе, ял халăхĕн культурăллă канăвĕшĕн çунакannисем вара — халăх театрĕн режиссерĕ З. Петровăпа Культура çуртĕн директорĕ А. Николаева, ытти культработниксем.

ÇĔНЬЯЛСЕН ЙĂЛИ-ЙĔРКИСЕМ çинчен таврара ырă ят сарăлнă. Республикăри районсенчен килеççĕ ку тăрăха вĕренме, паха опыта алла илме. Январĕн 11-мĕшĕнче иртнĕ улах каçĕнче те, акă, Чăваш АССР Культура министерствин вĕрентӳпе методика центрĕнче пĕлĕве ӳстерекенсем — Культура çурчĕсен директорĕсем, Шупашкар районĕнчи хĕрарăмсен совечĕсен членĕсем пулчĕç. Çĕньялсен ăсталăхĕпе пултарулăхне курса савăнчĕç, халăх йăли-йĕркисене хăйсем патĕнче çĕнĕрен йĕркелесе ярас тесе хĕмленчĕç.

Пурнăç малаллах шăвать. Кулленхи тĕркешӳре ăс-тăна хальхи музыка кĕрлевĕпе минретсе, телевизор экранĕ умĕнче тымарланса ларса, чăвашăн ламран лама пыракан, ырра вĕрентекен йăли-йĕркисене, уявĕ-вăййисене манатпăр майĕпен. Чăваш ятне упрас тетпĕр пулсан, халăхăмăрăн иксĕлми чун-чĕре пуянлăхне пĕтме памалла мар. Çĕньялсем пек, çулла çутатса пыракансем пирĕн хушăра пĕтмен-ха. Вĕренмелле вĕсенчен. Кĕрлетĕр халăх уявĕ пирĕн хушăра, чĕресене çемçеттĕр, ăс-тăна çивĕчлеттĕр.

**В. СМИРНОВА.**

Шупашкар районĕ.

*Сирĕн ача ӳсет*

# ЁÇРЕН АН ХĂРА...

**АНСАРТРАН ТЕНĔ ПЕК ИКĔ ХĔРАРĂМ КАЛАÇĂВНЕ ИТЛЕМЕ ТИВРĔ. ПĔР-ПĔРНЕ ТАХÇАНТАНПАХ ПĔЛЕÇÇĔ КУРĂНАТЬ. ЫРЛАХ-СЫВЛĂХПА ИНТЕРЕСЛĔННĔ ХЫÇÇĂН САМАХ АЧИСЕМ ÇИНЕ КУÇРĔ.**

ПĔРИ хĕрĕсемпе мухтанса илмесĕр чăтаймарĕ. Вĕсем вăтам шкулта вĕренеççĕ-мĕн, музыка шкулне, художество пултарулăх кружокне çӳреççĕ, спортпа туслă, ют çĕршыв чĕлхине алла илеççĕ. Ашшĕ-амăшĕ репетитор та тытнă. Ачисене пур енлĕн воспитани парса чаплă çынсем тăвассишĕн тăрăшнине пытармарĕ амăшĕ.

Иккĕмĕш хĕрарăмĕ вара ывăлĕсем пирки нимех та калаймарĕ: асли фото ĕçĕпе интересленет, кĕçĕнни техникăна кăмăллать. Пушă вăхăта ытларах килте ирттереççĕ. Амăшне пулăшаççĕ. Тепĕр чух тирпей-илем кĕртме, кĕпе çума, апат хатĕрлеме тивет вĕсен. «Эпĕ ĕçрен тавраннă çĕре хваттерте таса, сĕтел çинче яшка пăсланса, ывăннине те иртсе кайть вĕт», — çапах та савăнăçне пытараймарĕ хăйхискер.

— Ĕçе тармĕ-ха. Кайран, ыткалт, ташăра ăна çитекенни çук. Ют чĕлхене лайăх пĕлет. Конькипе мĕнлерех ярăнать! Маттурĕ тата! Паллă спортсмен».

Çулталăк чиперех пурăнчĕç вĕсем. Ывăл çуралсан, йывăрлăхсем сиксе тухрĕç: ача кипкисене куллен çумалла, якатмалла, апат-çимĕç хатĕрлемелле. Çамрăк арăм çаксене тума хăнăхман. Упăшкин те алли çыпăçасшăнах мар. Пĕр-пĕрне ӳпкелешме-кӳрентерме тытăнчĕç çамрăксем, пĕри теприя тарен пуласшăн мар-мĕн.

Виçĕ уйăхри ачине йăтса Анжела ашшĕ-амăшĕ патне таврăнчĕ. Тăхлачăсем çак пăтăрмаха татса параймаççĕ, вĕçпе-хĕрпе тухаймаççĕ, пĕр-не-пĕри айăплаççĕ.

Техника ĕмĕрĕнче пурăнатпăр пулин те, килти ĕç илнах малта тăрать. Çавăнпа та çитĕнекен ăрăва тăрăп та çирĕп пĕлӳ панипе пĕрлех, пĕçĕрнĕ ĕçе хăнăхтармалла.

сах: «Ĕçле, ывăлăм. Хăнăхас пулать. Кайран хăвнах çăмăл пулĕ», — тесе хавхалантарать.

...Сергей — пĕртен-пĕр ывăл. Вăл та ĕç çумне çыпçăнасшăн. Ывăнса килнĕ амăшне пулăшас тесе, урай сĕрме пикенет. Çав вăхăтра таврăннă ашшĕ кăмăла хуçать: «Ывăлăм, арçын ятне ан яр. Урай сĕресси — хĕрарăм ĕçĕ», — тесе хурать. Лешĕ вара, алăри мунчалана пăрахсах, диван çине ашшĕпе юнашар телевизор курма кĕрсе ларать. Амăшĕ апат хатĕрлесе парасса кĕтеççĕ иккĕшĕ.

...Амăшĕ ĕçрен килмен-ха. Димăпа ашшĕ хваттере тирпейлеме, хуть апат пĕçерме... Мĕнех, упăшки арăмне хисеплет пулсан, ывăлĕ те çавнашкалах-çке, май пур таран амăшне пулăшма, ăна ырă тума васкать.

Ĕç тепă кăмăла çирĕплетет, вăй-хала пиçĕхтерет, пултарулăха ӳстерет. Тепĕр чух амăшĕсем ачисене кухньăран хăтăлаççĕ, чăрмантарса çӳрет тесе, вылямм кайма хушаççĕ. Куй пек çемьере ывăл хĕре...

# ÇУМА-ÇУМĂН ЮНАШАР

**ЧАННИПЕХ ТЕЛЕЙЛĔ СЕМЬЕСЕНЕ КУРМА ТӲР КИЛНЕ-И СИРĔН? ВĔСЕНЧЕ ÇУЛСЕМ ИРТНĔÇЕМĔН ЮРАТУ ТАТА ХАВАТЛĂРАХ ХĔМЛЕНЕТ, ЙЫВĂРЛĂХА, САВĂНĂÇА, КУÇÇУЛЬПЕ КУЛĂНА ВАРА — ПĔТĔМПЕХ ÇУРМАЛЛА ПАЙЛАÇÇĔ. ÇАН ТА, ЫРРИНЕ, ТАРĂХХИНЕ АСĂРХАМАСТПĂР. — ТЕЛЕЙЛĔ ÇЫНСЕМ ХĂЙСЕН САВĂНĂÇНЕ, ТЕЛЕЙНЕ ПĔТĔМ ТĔНЧЕНЕ КĂТАРТМА ТĂРĂШМАÇÇĔ. ЯЛАХ ПУРĂНАКАНСЕН ПĔТĔМ ХУЙХИ-СУЙХИ, ЙЫВĂРЛĂХĔ ЫТЛАРАХ КУÇ УМĔНЧЕ.**

Надежда Петровнăпа Петр Николаевич...

куртăм та, пуçра тӳрех пĕр шухăш çирĕпленчĕ: «Акă мăйăн мăшăр пуласси, мăйăн телейĕм». Çапла сывпуллашрăм хусах пурнăçпе, — вăтанмăв, йăл кулса, калаçать Петр Николаевич. — 31 çултăччĕ эпĕ уй чух. Кĕçех мăшăрăмпа пĕрлешнĕрене 34 çул çитнине паллă тумалла. Надеждăран хакли манăшăн халĕ, ачасемсĕр пуçне, никам та çук.

Васильевсен икĕ ывăл. Анкра халĕ вĕсем...

тивнĕ. Тăшманпа куçа-куçăн çапăçма тивнĕ ăна.

— Ĕненетĕр-и, çакăн чухлĕ пурăнса Петр сивĕ сăмах каласа кӳрентернине астумастăп. Телей, тăнăç пурнăç хĕрарăмран нумай килет. Кирлĕ чух — сăмах калама тытăнса тăр, тепĕр чух — сакăн канашу пиçĕ вырăнлă. Тутлă апат-çимĕç пĕçерсе çитер упăшкуна, йывăр вăхăтра пулăш, уявсенче савăнма пĕл — акă вăл телей, — палласштарать хăйĕн...

# ҪУМА-ҪУМӐН ЮНАШАР

ЧӐННИПЕХ ТЕЛЕЙЛЕ СЕМЬЕСЕНЕ [illegible] ҪУЛСЕМ ИРТНЕҪЕМЕН ЮРАТУ ТАТА ХАВАТЛАРАХ ХЕМЛЕНЕТ, ЙЫВӐРЛАХА, САВӐНАҪА, КУҪҪУЛЬПЕ КУЛӐНА ВАРА — ПЕТЕМПЕХ ҪУРМАЛЛА ПАЙЛАҪҪӖ. ЧАН ТА, ЫРРИНЕ, ЛАЙАХХИНЕ АСАРХАМАСТПАР. — ТЕЛЕЙЛЕ ҪЫНСЕМ ХАЙСЕН САВӐНӐҪНЕ, ТЕЛЕЙНЕ ПЕТЕМ ТЕНЧЕНЕ КАТАРТМА ТАРАШМАҪҪЕ. ЯПАХ ПУРӐНАКАНСЕН ПЕТЕМ ХУЙХИ-СУЙХИ, ЙЫВӐРЛАХЕ ЫТЛАРАХ КУҪ УМЕНЧЕ.

Надежда Петровнӑпа Петр Николаевич Васильевсемпе ӑнсӑртран тӗл пултӑм. Мӗн хистерӗ-ши пырса паллашма? Тен, шурӑ ҫӳҫлӗ ватӑ арҫын юнашар утса пыракан хӗрарӑма хулӗнчен асӑрханса тытса пыни, е пачах урӑххи — калама пултараймастӑп...

— Часах авланаймарӑм эпӗ. Ниепле те тивӗҫлӗ мӑшӑр шыраса тупаймарӑм. Надеждӑна куртӑм та, пуҫра тӳрех пӗр [illegible] мӑшӑр пуласси, манӑн телейӗм». Ҫапла сывпуллашрӑм хусах пурнӑҫӗпе, — вӑтаннӑн, йӑл кулса, калаҫать Петр Николаевич. — 31 ҫултаччӗ эпӗ ун чух. Кӗҫех мӑшӑрӑмпа пӗрлешнӗренпе 34 ҫул ҫитнине паллӑ тумалла. Надеждӑран хаклн маншӑн халӗ, ачасемсӗр пуҫне, никам та ҫук.

Васильевсен икӗ ывӑл. Аякра халӗ вӗсем. Анчах ҫуратса ӳстернӗ ашшӗпе амӑшне манмаҫҫӗ. Отпуск вӑхӑтӗнче арӑмӗсемпе, ачисемпе тӑван киле таврӑнаҫҫӗ. Владимир — Куйбышев хулинче. Николай вара — Бугульмара. Хӑйсем пуша курса ӳснӗ пирки, ачасене епле те пулин лайӑх ӳстерме, воспитани пама тӑрӑшнӑ Васильевсем. Петр Николаевичӑн вӑрҫӑ тути-масине тутанса пӑхма тивнӗ. Тӑшманпа куҫа-куҫӑн [illegible] тивнӗ ӑна.

— Ененетӗр-и, ҫакӑн чухлӗ пурӑнса Петр сивӗ сӑмах каласа кӳрентерннне астумастӑп. Телей, тӑнӑҫ пурнӑҫ хӗрарӑмран нумай килет. Кирлӗ чух — сӑмах калама тытӑнса тӑр, тепӗр чух — санӑн канашу питӗ выранлӑ. Тутлӑ апат-ҫимӗҫ пӗҫерсе ҫитер упӑшкуна, йывӑр вӑхӑтра пулӑш, уявсенче савӑнма пӗл — акӑ вӑл телей, — паллаштарать хӑйӗн шухӑшӗсемпе Надежда Петровна. — Вӑл мана пулӑшса пынине хӑнӑхрӑм. Ялан юнашар, пӗрле эпир. Паллакан ҫынсем ӑмсанса пӑхнине, каласнине сахал мар асӑрханӑ. Кӳренме сӑлтав ҫук пурнӑҫ ҫине, пурте пур.

Л. ФИЛИППОВА.
Пушкӑрт АССРӗ,
Пелепей районӗ.



Элӗк районӗнчи «Шумшевашский» совхозри выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансем юлашки ҫулсенче хӑйсен хастарлӑхне ӳстернӗ. Хуҫалӑх сӗт, аш-какай сутмалли плансене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласа пырать. Ӑмӑртура Шӗмшешри сӗт-ҫу фермин коллективӗ малта.

Сӗт нумай антаракан выльӑхсем ытларах пулччӑр тесе, кунти фермӑра Лидия Петровна Васильева зоотехник-селекционер та сахал мар тӑрӑшать.

Ӳкерчӗк ҫинче: Л. П. Васильева зоотехник-селекционер.
Б. Иванов фотоӳкерчӗкӗ.

[illegible] са чаплӑ ҫынсем тӑвассипӗн тӑрӑшнине пытармарӗ амӑшӗ.

Иккӗмӗш хӗрарӑмӗ вара ывӑлӗсем пирки нимех та калаймарӗ: асли фото ӗҫӗпе интересленет, кӗҫӗнни техникӑна кӑмӑллать. Пушӑ вӑхӑта ытларах килте ирттереҫҫӗ. Амӑшне пулӑшаҫҫӗ. Тепӗр чух тирпей-илем кӗртме, кӗпе ҫума, апат хатӗрлеме тивет вӗсен. «Эпӗ ӗҫрен таврӑннӑ ҫӗре хваттерте таса, сӗтел ҫинче япӑх пӑслапсан, ывӑнни те иртсе кайть вӗт», — ҫапах та савӑнӑҫне пытараймарӗ хӑйхискер.

— Ҫӗҫ тармӗ-ха. Кайран, семьеллӗ пулсан та, ӗлкӗрӗҫ. Ҫамрӑк чух вӗренччӗр, — терӗ хӗрачасен амӑшӗ.

Шухӑша ячӗҫ ҫак сӑмахсем. Хальхи вӑхӑтра чылай семьере, ыттисенчен юлас мар тесе, ачасен кӑмӑл-туйӑмне, чун туртӑмне шута илмесӗр, вӑйпах музыкӑна е ют чӗлхене вӗрентессипӗн тӑнаҫҫӗ. Ӗҫе хӑнӑхтарасси ҫинчен вара шутламаҫҫӗ те.

...ҪАМРАК ҫемье арканчӗ. Ҫакӑншӑн кам айӑплӑ-ши? «Мӗн тери чаплӑ та телейлӗ мӑшӑр, — тетчӗҫ упӑшкипе арӑмӗ пирки. — Иккӗшӗ те аслӑ пӗлӳллӗ. Анжела — му[illegible]

[illegible] мар-мӗн.

Виҫӗ уйӑхри ачине йӑтса Анжела ашшӗ-амӑшӗ патне таврӑнчӗ. Тӑхлачасем ҫак пӑтӑрмаха татса параймаҫҫӗ, вӗҫне-хӗрне тухаймаҫҫӗ, пӗрне-пӗри айӑплаҫҫӗ.

Техника ӗмӗрӗнче пурӑнатпӑр пулин те, килти ӗҫ яланах малта тӑрать. Савӑнпа та ҫитӗнекен ӑрӑва таран та ҫирӗп пӗлӳ паниппе пӗрлех, пӗчӗкренех ӗҫе хӑнӑхтармалла. Ӗлӗкрех: «Хӗр тени хунямӑшӗнчен сив сӑмах ан илттӗр, амӑшӗн питне ан хӗреттӗр», — тесе кил-тӗрӗшри ӗҫсене вӗрентнӗ хӗрупраҫа аслисем. «Начар кӗрӳ ятне илтмелле ан пултӑр», — тенӗ те ашшӗ, ывӑлне сава-пуртӑ тыттарнӑ, касма-савалама хӑнӑхтарнӑ.

ШКУЛТА ӗҫленӗ май, часчасах ашшӗ-амӑшӗпе тӗл пулатӑп. Пӑшӑрханмалли те, савӑнмалли те пайтах.

...Олег тӑваттӑмӗш класа ҫӳрет. «Арҫын е хӗрарӑм ӗҫӗ ку», — тесе тиркесе тӑмасть, урай сӗрет, апат пӗҫерме кӑмӑллать. Амӑшӗ вара час-часах [illegible]

[illegible] пейленӗ, тутлӑ апат пӗҫернӗ. Мӗнех, упӑшки арӑмне хисеплет пулсан, ывӑлӗ те ҫавнашкалах-ҫке, май пур таран амӑшне пулӑшма, ӑва ырӑ тума васкать.

Ӗҫ тени кӑмӑла ҫирӗплетет, вӑй-хала писӗхтерет, пултарулӑха ӳстерет. Тепӗр чух амӑшӗсем ачисене кухньӑран хӑвалаҫҫӗ, чӑрмантарса ҫӳрет тесе, вылама кайма хушаҫҫӗ. Куп пек ҫемьере ывӑл-хӗре вак тӗвек ӗҫсене тума та шанмаҫҫи куҫӗретех. Ҫапла майпа вӗсем ӗҫрен писеҫҫӗ. Каярахпа тӗлӗнеҫҫӗ вара: «Кама хывнӑ-ши? Кахал», — теҫҫӗ.

Ачасене ӗҫе юратма, хисеплеме, унпа савӑнса пурӑнма вӗрентесси ҫинчен вӗсем пӗчӗк чухнех шутламалла пирӗн, ашшӗ-амӑшӗн. Еппӗр, ӗҫре писӗхнӗ ҫамрӑк, ҫынсене те хисеплет, пурнӑҫра ыррипе усаллине уйӑрса илет.

Г. ЯКОВЛЕВА,
Муркашри вӑтам шкул учительници.

# УСӐЛЛӐ КАНАШСЕМ

САЛАТ

Кальмарпа ҫӗрулмирен. Кальмар ашне вӗрекен шывра, симӗс пахчаҫимӗҫ — укроп е петрушка хушса — 3 минут вӗретмелле. Кайран сивӗтсе турамалла. Туранӑ пӗҫернӗ ҫӗрулмипе, тӑварланӑ хӑярпа хутӑштармалла, симӗс пӑрҫа, майонез ямалла. Ҫиелтен вӗтетнӗ симӗс пахчаҫимӗҫ сапмалла.

Икӗ кальмар, пилӗк ҫӗрулми, 2 хӑяр, симӗс пӑрҫа — 60, майонез 150 грамм, пӑрӑҫ, петрушка, тӑвар кирлӗ.

Кальмарпа рисран. Риса тӑварлӑ шывра пӗҫермелле, ҫуса сивӗтмелле. Пуҫлӑ сухана ункӑласа турамалла, вӗри шывра кӑшт тытса сивӗтмелле. Чӑмӑрла пӗҫернӗ ҫӑмартана ҫурма ункӑласа вӗтетмелле, салат ҫулҫине турамалла. Вӗтетнӗ укроп хушса пурне те пӗрле хутӑштармалла, тӑварпа пӑрӑҫ хушмалла. Салата майонезпа, томат сӗткенӗпе тутлӑлантараҫҫӗ, симӗс пахчаҫимӗҫпе илемлетеҫҫӗ.

2—3 кальмар, 4 апат кашӑкӗ рис кӗрпи, 3 пуҫ сухан, 3 ҫӑмарта, симӗс салат ҫулҫи — 50, майонез — 100 грамм, томат сӗткенӗ, укроп, пӑрӑҫ тата тӑвар кирлӗ.

Вырӑс салачӗ. Ҫӗрулмие чӑмӑрла пӗҫерсе тӑваткаллӑн турамалла. Панулминваррине кӑлармалла. Аша пӗҫермелле е ӑшаламалла. Панулмие, тӑварланӑ хӑяра, аша, сельдь пулла тӑрӑхла вакласа ҫӗрулмипе хутӑштармалла. Хӑймапа уксусран, хренран, горчицӑран, вӗтетнӗ симӗс пахчаҫимӗҫрен соус хатӗрлесе салата унпа сапмалла. Помидорпа, хӑярпа, пӗҫернӗ ҫӑмартапа ҫиелтен илемлетмелле.

Пӗҫернӗ е ӑшаланӑ аш — 250 грамм, 3 ҫӗрулми, 2 хӑяр, 2 помидор, 2 ҫӑмарта, 1—2 панулми, 1 сельдь, соус валли — 150 грамм хӑйма, 1 апат кашӑкӗ хрен, 1 чей кашӑкӗ горчица, 2 апат кашӑкӗ уксус тата укроп кирлӗ.

# ЕПЛЕ МУХТАНМӐН!

АВАН ТА МАР-ХА, МУХТАННА ПЕК ПУЛАТЬ ХАМАР ҪЫВАХ ҪЫНСЕМ ҪИНЧЕН ҪЫРНИ. ТЕПЕР ТЕСЕН, МЕНШЕН МУХТАНАС МАР. ҪАКНА ТИВЕҪЛЕ ВЕСЕМ. ПУРӐНАҪҪЕ ПИРЕН ХУШАРА САПАЙЛА, ТАСА, ӖҪЧЕН ҪЫНСЕМ. ПЕР ЕНЧЕН, НИМЕНЛЕ ПАТТАРЛАХПА ТА ПАЛАРСА ТАМАҪҪЕ. АНЧАХ САКАН ПЕК ҪЫНСЕМ ҪИНЧЕ ПУРНАҪ ТЫТАНСА ТАМАСТЬ-И?

ВЕРА Ивановнӑпа Иван Александрович Демьяновсем Канаш районӗнчи Маяк ялӗнче пурӑнаҫҫӗ. Арӑмӗ тивӗҫлӗ канӑва тухиччен 30 ҫул ытла Сиккассинчи больницӑра санитаркӑра ӗҫленӗ. Упӑшки — платник. Канаш лесничестввинче ун ҫинчен ырӑ сӑмахсӑр пуҫне нимӗн те илтеймӗн.

Пӗр-пӗринпе килӗшӳллӗ пурӑнса, 4 хӗр ӳстернӗ. Пурте ҫемьеллӗ, ача-пӑчаллӑ. Аслӑ хӗрӗсем Сиккасси ялӗнче тымар янӑ, кӗҫӗннисенчен пӗри — Ленинградра, тепри — Горький облаҫӗнче.

Ҫамрӑках мар пулсан та, пире вумай кирлӗ мар, тесе лармаҫҫӗ. Вӗсен картиш тулли выльӑх-чӗрлӗх, кайӑк-кӗшӗк. Пахчаҫимӗҫ ҫулсерен ӑнса пулать. Государствӑна сӗт-ҫу, аш-какай сутаҫҫӗ. Вера Ивановна пур ӗҫре те маттур пулни мана яланах тӗлӗнтерет: ҫыхма, тӗрлеме ӑста вӑл, чечек ҫитӗнтерет, тутлӑ пӗҫерет. Вӑл тӑварланӑ хӑярпа помидора, кӑмпана ҫисе тӑраймӑн. Вӑл тунӑ сӑра хӑйма пек туйӑнать. Килте яланах таса, тирпейлӗ вӗсен. Хунямӑшне хисеплесе пӑхса пурӑнать.

Иван Александрович вара ӑпа яланах пулӑшать. Пӗрре те ахаль лармасть, текех килкартинче кӑштӑртатать.

Эпир шӑллӑмпа—Мишшӑпа хамӑр телейлӗ тесе шутлатпӑр. Унӑн арӑмӗ Лена Сиккасси больницинче медсестрара ӗҫлет, пирӗншӗн йӑмӑк пек. Тӑван яла кашни ҫынвах килсе тӑма кӑмӑллӑ. Ку вӑл кил хуҫисем епле кӗтсе илнинчен килет. Пире вара шӑллӑмпа кин яланах ырӑ кӑмӑлпа кӗтсе илсе ӑсатаҫҫӗ.

Ҫакӑ вӑл амӑшӗпе ашшӗ вӗрентнинчен килет пуль тетӗп. Ахальтен каламаҫҫӗ ӗнтӗ: «Амӑшне пӑх та хӗрне ил тесе».

Кӑҫал пирӗн шӑллӑмпа кин сӗнӗ ҫурт лартас тесе ӗҫ пуҫарчӗҫ. Иван Александровичпа Вера Ивановна пулӑшса ӗртсе пыман пулсан, ҫамрӑксене питӗ йывӑр лекетчӗ.

ҪАКНА та каласа хӑварас килет. Вера аппапа Иван пиччӗ ҫӗре кӗнӗ аннепе атте вырӑнӗнче пекех туйӑнаҫҫӗ. Мӗншӗн тесен вӗсен килӗ пирӗншӗн тӑван кил пулса тӑчӗ. Яланах тараватӑ кӗтсе илеҫҫӗ, ӗҫпе те, ырӑ сӑмахпа та пулӑшаҫҫӗ, кучченеҫсем парса яраҫҫӗ.

Епле мухтанмӑн-ха Демьянов-аслисемпе!

Н. БЕЛЬСКАЯ.
Шупашкар хули.

*Мораль темипе*

# «ӐҪТА ЭСӖ, АННЕ?»

РАЙОНТИ ТЕП БОЛЬНИЦАРИ АЧА-ПАЧА УЯРАМЕ. ТЕРЛЕ ҪУЛСЕНЧИ ХЕРАЧАСЕМПЕ АРҪЫН АЧАСЕМ СИПЛЕНЕҪҪЕ КУНТА: ШКУЛА ҪУРЕКЕНСЕМ ТЕ, ТИН ҪЕҪ УТМА, КАЛАҪМА ПУҪЛАНАСКЕРСЕМ ТЕ.

Икӗ ҫул тултарайманнисем амӑшӗсемпе пӗрле выртаҫҫӗ. Пысӑкраххисем вара хӑйсем тӗллӗн. Вӗсем патне ашшӗ-амӑшӗ килсех тӑрать. Анчах та 1-мӗш палатӑра выртакан 3 пепке патне никам та килсе ҫӳремест, никама та интереслентермест вӗсен телейсӗр шӑпи. Ыттисем больницӑна вӑл е ку чиртен сывалма килсе лекнӗ пулсан, кусем вара хӑйсене никам йышӑнманнипе; кун ҫути курнӑ пӗрремӗш кунтанах никама та кирлӗ пулманнипе кунта выртаҫҫӗ.

Уйӑрмри Римма Васильевна Николаева аслӑ медсестрапа тата Елена Михайловна Лучкова педиатрпа пӗрле ҫак палатӑна кӗтӗмӗр. Пытармасӑр калатӑп, чуна ҫав тери хытарма тӑрӑшрӑм пулин те, пӗчӗк кравачьсем ҫинче выртакан ачасене курсан, чӑтса тӑма пултараймарӑм, куҫ шывланчӗ. Ытла та мӗскӗннӗн, тунсӑхлӑн, телейсӗррӗн пӑхнӑн туйӑнчӗҫ ҫав ачасем. Кунта выртакансенчен чи асли — Руслан Андреев, иртнӗ ҫулхи декабрьте ҫуралнӑскер. Хуп-хура пысӑк куҫлӑ, илемлӗ сӑн-питлӗ ачана амӑшӗ ҫапла чупсӑрла пӑрахса хӑварни ҫинчен каласан та ӗненес килмест. Врачсем пӗлнӗ тӑрӑх, Русланӑн пиччӗшӗпе аппӑшӗ пур. Амӑшӗ вӗсемпе калаҫнӑ, йӑпаннӑ чух, хӑйӗн кӗҫӗн пепкийӗ ҫинчен пӗрре те аса илмест-ши? Ҫук пуль ҫав. Аса илнӗ пулсан, тахҫанах чупса килӗччӗ. Сӑмах май каласан, Русланӑн кукамӑшӗ пирӗн хуларах, Сӗнтӗрвӑрринчех хӑтлӑ хваттерте пурӑнать. Темшӗн-ҫке ӑна та пулин интереслентермест мӑнукӗн телейсӗр шӑпи.

Екатерина Исачкина та кӗҫех ҫултала тултарать. Анчах та ӑна 2—3 уйӑхри ача тесе калама ҫеҫ пулать. Унӑн амӑшне, ашшӗ-амӑш прависӗр хӑварнӑскерне, алкоголизмран сывалма янӑ. Тепӗр пӗчӗк хӗрачан вара ҫирӗпленнӗ ят та ҫук. Хӑшӗсем ӑна — Люба, теприсем Ксюша, теҫҫӗ. Виҫӗ эрне каярах ҫуралнӑскере амӑшӗ йышӑнман. Ҫакӑн ҫинчен вӑл хут ҫырса хӑварнӑ. Тӗлӗнмелле, мӗнле алли ҫӗкленчӗши ҫав чунсӑр хӗрарӑмӑн хӑйӗн тӗпренчӗкне сивлесе калакан сӑмахсем ҫырма? Выльӑхпа танлаштарсан — вӗсем те хӑйсен пӗчӗк ҫурисене юратса пӑхаҫҫӗ, кайӑксем те чӗпписемшӗн пурнӑҫне пама хатӗр. Мӗнпе айӑпа кӗме ӗлкӗрнӗ-ши тин ҫеҫ ҫуралнӑ ачасем ҫав ҫамӑл шухӑшлӑ хӗрарӑмсем умӗнче? «Палатӑна пырса кӗрекен кашни ҫын ҫинех вӗсем тӑван амӑшне шыранӑ евӗр тимлӗ пӑхаҫҫӗ. Вара кашниннех манран: «Ӑҫта эсӗ, анне?» — тесе ыйтнӑн туйӑнать», — каласа парать Римма Васильевна. Пурнӑҫра тӗрлӗрен инкек-синкеке пула тӑлӑха юлнӑ тӗслӗхсем сахал мар, паллах. Анчах та ҫак ачасен пурин те амӑшӗсем пур-ҫке. Ҫак «тӑлӑх» ачасен пурнӑҫне кӑшт та пулин ҫӑмӑллатас тесе сахал мар тӑрӑшма тивет врачсен. Ача ҫурчӗсене вырнаҫтарма йывӑр, унта черетсӗр йышӑнмаҫҫӗ. Больницӑра та усрама условисем ҫук. Апла пулин те, кунта ӗҫлекен Л. Колчина, В. Петрова, Е. Иванова, Л. Смирнова медсестрасем, З. Федорова, Т. Лазерова, А. Семенова санитаркӑсем вӗсене хӑйсен пепкисем пек пӑхма тӑрӑшаҫҫӗ: вӑхӑтра ҫитереҫҫӗ, тумтирне улӑштараҫҫӗ.

Чуна ыраттарса, пӑсӑк кӑмӑлпа тухрӑм пӗрремӗш палатӑран. Хӑҫанччен ҫапла пулӗ пирӗн — ашшӗ-амӑшӗ пур ҫинчех ачасем ҫуралнӑ кунрах хӑр тӑлӑха юласси?

Кӑҫалхи январӗн 7—8-мӗшӗсенче пирӗн ҫӗршывра Тӗп телевиденин Пӗтӗм Союзри программипе «Ача-пӑча фончӗн телемарафонӗ» передача вӑхӑтӗнче кӑтартнӑ чуна пырса тивекен хӑшпӗр кадрсем кӑшт та пулин хускатмарӗҫши ҫав хӗрарӑм-«куккуксен» чулланнӑ чӗрисене?

Мӗнпур амӑшӗсен ячӗпе вӗсене ҫапла чӗнсе калас килет: тӑна кӗрӗр, хӗрарӑмсем, ҫуратнӑ пепкӗрсене хӑварах пӑхса ӳстерӗр. Амӑшӗсем кӑна ачисене телейлӗ тума пултараҫҫӗ.

С. КУЛИГИНА,
виҫӗ ача амӑшӗ.

Сӗнтӗрвӑрри районӗ.

*Алӗҫ ӑстисем валли*

# ҪӐМ КАЛПАК ТАТА МӐЙ ТАВРА ШАРФ



Хӗллехи сивӗ вӑхӑтра ҫӑм ҫиппрен ҫыхнӑ калпакпа мӑй тавра шарф тӑхӑнтартсан, ачасем хӑйсене канлӗ те ирӗклӗ туяҫҫӗ, шӑнса пӑсӑласран та хӑрамалли ҫук.

Паянхи номерте вӗсене еплерех ҫыхмалли ҫинчен каласа парасшӑн.

Икӗ-виҫӗ ҫулхи хӗрача валли калпакпа шарф ҫыхма 200—250 грамм ҫип кирлӗ. Тикӗс арланӑ сурӑх ҫӑмӗ те, магазинта туянни те (100 грамлӑ ҫӑм 3 тенкӗ те 50 пус тӑрать) юрӑхлӑ. 3-мӗш номерлӗ вӑрӑм спица кирлӗ.

КАЛПАК. Ана тӗрлӗ тӗслӗ ҫипсенчен, пӗр-пӗринпе килӗшсе тӑнине кура, ӑсталама пулать. 52—53-мӗш виҫеллӗ калпака 104 куҫран пуҫласа 6 рет хӑвӑл резинкӑпа хӑпартмалла — япалан хӗрри ытлашши аслӑланса каясран ҫапла тумалла. Ун хыҫҫӑн 52 рет ҫӳллӗш ҫурма акӑлчанла ҫыхӑпа ҫыхмалла: пӗрремӗш рет — пӗр куҫ пиччен, тепӗр куҫ — тӳнтер; иккӗмӗш рет пиченнне — пиччен, тӳнтеррине — ҫыхмасӑр накидпа пӗрле илсе хӑвармалла; виҫҫӗмӗш рет — пӗрремӗшӗнчи пек. Ҫакӑн хыҫҫӑн ҫыхӑна вӗҫлесе пымалла. Чӑлха ҫыххи ҫине куҫса (пичченле), пӗр куҫ урлӑ кашни иккӗшӗнчен пӗрер куҫ туса хӑварса 12 рет ҫыхмалла, ун хыҫҫӑн куҫсен шутне тата ҫурмалла чакармалла, тепӗр ретрен — каллех ҫурмалла. Юлнисене ҫирӗп ҫип витӗр кӑларса ҫыхса лартмалла. Калпака ҫыхса пӗтертӗмӗр те. Хатӗр тӑрӑхӑн икӗ енне шӗвӗртнӗ тӳперен аялалла 10—12 сантиметр тӑршшӗ, пӗрлештермелле. Аялти пайӗнче, ача мӑйӗн виҫине шута илсе, уйрӑммӑн 80 сантиметр тӑршшӗ $1 \times 1$ виҫепе 10 куҫ сарлакӑш ҫыхнӑ резинкӑллӑ тӑрӑхӑн пӗр пайне вырнаҫуллӑн ҫӗлесе лартмалла. Ку — калпакӑн ҫыххи ӗнтӗ.

Калпак тӑррине помпон тума юрать.

Ана валли картонран икӗ пӗрешкел ҫаврака, варрисене 1—2 сантиметр диаметрлӑ шӑтӑк хӑварса, касса кӑлармалла. Иккӗшне пӗрле хурса, варринчен шӑтӑк витӗр ҫип кӑларса, майӗпен ҫӑмхаласа тухмалла. Унтан ҫаврашкасем пӗрлешнӗ тӗлтен ҫип ҫаврӑмӗсене хачӑпа асӑрханса касса ҫаврӑнмалла. Варринчен ҫирӗппӗн ҫыхса хумалла. Помпон хатӗр те.

МӐЙ ТАВРА ШАРФ. Е тепӗр майлӑ ҫухаран ҫыхма пуҫланӑ свитерӑн ҫӳлти пайӗ пулать вӑл. Алсиш йӗпписем ҫине 120 куҫ туса $2 \times 2$ сантиметр резинкӑпа 45 рет хӑпартмалла. Унтан вӑрӑм йӗп ҫине куҫса 6 рет хӑвӑл резинка туса хӑвармалла. Ку — каллех япала аслӑланса каясран. Унтан ҫыхха 4 пая уйӑрса: ҫурӑм хыҫӗпе умри пайсем валли 38-шар, икӗ хул валли 18-шар куҫ туса, тӑватӑ пай хушшине икшер куҫ хӑварса 25 рет, хуллуҫҫине хупличчен, кашни иккӗмӗш ретӗнче, маларах асӑннӑ икшер куҫ умӗн тата хыҫҫӑн пӗрер куҫ хушса, ҫыхмалла. Япала хӗрри авӑнса тӑрасран ӑна крючокпа вӗҫлеме юрать.

● Калпакпа мӑй тавра шарф.

В. Романов фотоӳкерчӗкӗ.

*Тӑван сӑмах, тӑван культура*

# ПӖР ӐРУРАН ТЕПРИНЕ КУҪӐРЧЧӖ

Фольклор — Тӑван халӑх юрри-кӗвви, йӑли-йӗрки, ҫипуҫӗ. Иртнӗ вӑтӑр-хӗрӗх ҫул хушшинче самаях чухӑнланчӗҫ вӗсем, сыхланса та юлаймарӗҫ. Вак халӑхсене вайпах вырӑслантарма тӑрӑшнӑ тапхӑрта авалхи ырӑ йӑласене «капитализм юлашкисем» тесе питлетчӗҫ. Ҫамрӑксен вӑййисем те, улахсем те пӗтрӗҫ, акӑ. Ачасене пуҫламӑш классенчех вырӑсла калаҫтарма тытӑнтӑмӑр, хамӑр чӗлхерен тӑрӑшсах пистертӗмӗр, атте-анне юррисемпе ташшисене майӗпен-майӗпен манӑҫтартӑмӑр. Ҫи-тума та улӑштартӑмӑр. Чӑвашӑн ӗлӗкхи ҫипуҫӗ пӗтрӗ тесен те йӑнӑш мар...

Тепӗр чухне авалхи юрӑсене радиопа илтетӗн те, приемника тата хытӑрах яратӑн, саваннипе куҫран куҫҫулӗ тухать, чӗре хавасларах тапать, кӑмӑл тулать, итленӗҫемӗн итлес килет.

Чӑнах та, юлашки ҫулсенче фольклор ушкӑнӗсем республикӑри районсенче йышлансах пычӗҫ. Вӗсем ытларах улахпа унччченхи туя, сӑвӑй, пир ҫапнине, салтака ӑсатнине, ҫӑварнине, ытти хӑшпӗр самантсене кӑтартассӗ. Паллах, ку кирлӗ ӗнтӗ. Уйрӑмах ҫамрӑксен пӗлмелле. Енчен те ваттисенчен курмасӑр-илтмесӗр юлсан, хальхи ҫамрӑксем ӗлӗкхи чӑваш йӑли-йӗркисене нихӑҫан та пӗлеймӗҫ. Мӗншӗн тесен вӗсем ӳснӗ тапхӑрта улах ларма, вӑййсене тухма, чӑвашла туй ирттерме пӑрахнӑ ӗнтӗ. Совет Ҫарне службӑна каякан яшсене пӗтӗм халӑхпа ӑсататсси ҫинчен те манма пуҫланӑччӗ.

Патӑръел районӗнчи Пӑлапуҫ Пашъелӗнчи ансамбль «Туй», Упамсари ушкӑн «Улах», Йӗпрес районӗнчи Туҫари ушкӑн «Ҫӑварни» уявсене лайӑх кӑтартассӗ. Анчах, ялан пӗр апат йӑлӑхтарнӑ пек, куракансене пӗр пек номерсем, шел пулин те, йӑлӑхтарчӗҫ ӗнтӗ. Ҫакӑн пекех пырсан, ҫак ырӑ йӑла-йӗрсем ҫамрӑксене кусмасӑрах пӗтсе ларма пултарассӗ.

Ватӑ ҫынсенчен йӗркеленӗ фольклор ушкӑнӗсем ырӑ ӗҫ тӑвассӗ, паллах. Вӗсем унччченхи йӑла-йӗркене лайӑх пӗлессӗ. Анчах вӗсем ҫине кӑна шанни хальхи вӑхӑтра алри кайӑка вӗҫертнипе тан мар-и? Малашлӑх ҫинчен шухӑшламалла пирӗн. Унччченхи ырӑ йӑла-йӗркене пропагандӑлас ӗҫре ҫамрӑксем ҫине таянас пулать. Халлӗхе вара ҫакӑ ҫитеймест-ха. Акӑ, пӑхӑр-ха акатуйсене хутшӑнакан коллективсене: пуринче те аллӑ-ҫитмӗл ҫулсенсенчи ватӑсем ҫеҫ. Пӗр-пӗр ҫамрӑк пулсан вара — вӑл е клуб пуҫлӑхӗ, е библиотекарь... Ялсенчи ытти ҫамрӑксем ӑҫта-ши? Чылайӑшӗ — хулара. Юлнисем те хутшӑнмассӗ репетицисене.

Мӗнрен килет-ши ҫак юлхавлӑх? Пӗрремӗш сӑлтав, ман шутпа, — ачасене мӗн пӗчӗкренех шкулта чӑн-чӑн юрӑ искусствине вӗрентменнинче. Халӗ нумай ҫӗрте юрӑ учителӗсем ҫук, юрӑ урокӗсене тӗрлӗ предметсемпе улӑштарассӗ. Ҫапла вара, ачасем юрӑ искусствине пӗлмесӗрех ҫитӗнессӗ. Паллах, вӗсем ҫитӗнерехпе те юрлама пӗлмессӗ, пӗлсен те халӑх умне тухма вӑтанассӗ. Тепӗр енчен — ҫамрӑксене фольклор ушкӑнӗнчи ҫынсем хӑйсемпе питех хутшӑнтарасшӑн мар. Мӗншӗн тесен, пӗр енчен, юрлама, сасӑ илме пӗлмессӗ, тепӗр енчен, ҫамрӑксем ушкӑнра йышлансан ваттисем хӑйсене пӑрасран та хӑрассӗ. Ватти ватах ӗнтӗ: унӑн пичӗ те пӗркеленнӗ, шӑл-ҫӑварӗ те хитрех мар. Ҫамрӑкки вара вӑйӑра илем кӳрет, хӑйӗн пӗвӗпе, сассипе чуна илӗртет. Ваттисен вара ку енӗпе кӗвӗҫӳ ҫуралать, вӗсем ҫамрӑксен йӑнӑшӗсене тӳрлетсех, асӑрхаттарсах тӑрассӗ, ҫакӑ та лешсене фольклор ушкӑнӗнчен пистерет.

Хӑшпӗр фольклор ушкӑнӗсенче чысне сухатнӑ, сумлах мар ҫынсем тӗл пулассӗ. Еҫкӗ ене сулӑннисем е ҫамрӑк чухне ят янисем те пулма пултарассӗ. Ун пек ҫынсемпе ҫывӑх пуласшӑнах мар ҫамрӑксем, юнашар тӑрса юрлама килӗшмессӗ.

Авалхи юрӑ-ташӑ, йӑла-йӗрке пӗр ӑруран тепӗр ӑрӑва куҫса пычӑр тесен, шкулти учительсен, чи малтанах пуҫламӑш классенче вӗрентекенсен уйрӑмах тимлӗ тӑрӑшмалла. Ачана вунӑ ҫула ҫитиччен юрлама-ташлама вӗрентеймерӗн-тӗк, кайран ҫакна тума питӗ йывӑр. Ача халӑх умне тухма вӑтанать, сасӑ искусствине, илемлӗхне туймасть. Енчен те 3 — 4-мӗш классенче ачасене фольклорпа интереслентерсе ярсан, вӗсем аслӑ классенче те пуҫарулла пулӗҫ. Ҫакна шута илсе, эпир кӑҫал хамӑр шкулта тӑваттӑмӗш класри ачасенчен фольклор ушкӑнӗ йӗркелерӗмӗр. Малтан питӗ хӑюсӑрччӗ вӗсем, кайран чӑвашсен авалхи юррисене кӑмӑллама тытӑнчӗҫ, уроксем хыҫҫӑн хӑйсемех юлса репетицисем ирттерни те пулнӑ. Ачасем «Пирӗн урам анаталла», «Вӑрман витӗр тухрӑмӑр», «Шӑпкӑршӑпкӑр шыв юхать» юрӑсене пысӑк хавaспа юрлассӗ. Юлашкинчен вара ҫамрӑксен ӗлӗкхи вӑййине ирттерме вӗренчӗҫ, уп валли ик аркӑллӑ чӑваш кӗписем ҫӗлеттерчӗҫ, тухъясем тупрӗҫ. Районти акатуйра та пулчӗҫ каярахпа. Тен, халлӗхе пурте лайӑхах тухмарӗ пуль, анчах сак ачасем малашне искусствӑпа тусӑ пуласса шанатпӑр эпир. Малашне ачасен районсенчи фольклор фестивалӗсене ирттерессине йӑлана кӗртсен питех те аван пулнӑ пулӗччӗ.

Районсенче иртекен акатуйсене ҫамрӑксен фольклор ушкӑнӗсене те хутшӑнтармалла, пултарулӑхне палӑртса тивӗҫлипе хакламалла. Ҫавӑн чухне ҫеҫ фольклор искусстви пӗр ӑруран тепӗр ӑрӑва куҫӗ.

Ҫӗршыври тӑванла халӑхсен социализмлӑ культуринче чӑвашсен авалхи искусстви ан ҫухалтӑр тесен, ку ӗҫе пур ҫӗрте те ҫамрӑксене явӑҫтармалла. Вӗсем — чӗрӗ тымарсем...

**В. КИДАНОВ,**
**Патӑръел районӗнчи Пӑлапуҫ Пашъелӗнчи учитель, Пӗтӗм Союзри II фольклор фестивалӗн лауреачӗ.**

---

## «ТӐВАН ЕН—ЧӐВАШ ҪӖРШЫВӖ» фотоконкурс



Муркаш районӗнчи Турайпа Муркашра ҫуралса ӳснӗ Валерий Григорьевпа Юрий Александров пӗчӗклех врач пулма ӗмӗтленнӗ. Ача чухне ҫуралнӑ тӗллевӗсем хӑйсем И. Н. Ульянов ячӗпе хисепленекен Чӑваш государство университетӗнчи медицина факультетӗнчен вӗренсе тухсан пурнӑҫланнӑ. Халӗ ентешсем республикӑри кардиологи центрӗн венӑпа юн тымарӗсен хирурги уйрӑмӗнче ӗҫлессӗ. Хӑйсем пӗрремӗш хут алла скальпель тытнӑ вунӑ-вунвиҫӗ ҫул хушшинче пултарулӑ хирургсем пулса тӑнӑ. Валерий Матвеевичпа Юрий Венерович нумай-нумай ҫынна ура ҫине ҫӗкленме пулӑшнӑ.

● В. Григорьевпа Ю. Александров.

М. Воробьев фотоӳкерчӗкӗ.

---

*● Ҫулсем тата ҫынсем*

## ПАРХАТАРЛӐ ПУРНӐҪ

Кинемей аран-аран утkалать. Куҫӗсем курмассӗ, урисем такӑнассӗ...

Пӗчченех пурӑнать вӑл. Пӗртен-пӗр ывӑлӗ тахҫанах ҫӗре кӗнӗ. Юрать-ха, кӳрши шыв кӳрсе, вутӑ хутса парать. Колхоз хӗл каҫмалӑх — ҫӗрулми, ял Совечӗ вутӑ уйарса парса пулӑшрӗҫ. Вуттине кӳршӗсем татса пачӗҫ.

...

ҫыхланса ан ҫӳре. Пӑрах коммунистсемпе калаҫма. Унсӑрӑн турӑ ҫиленет», — тенӗ ӑна. Укахви хӑраса ӳкмен. Каҫхи шкулта вӗреннӗ, комсомола кӗнӗ. Кӗҫех вӑл ертсе пынипе «хӗрлӗ улахсем» ирттерме, спектакльсем кӑтартма, стена хаҫачӗсем кӑларма тытӑннӑ. Халӗ «хӗрлӗ улах» мӗнне пӗлмессӗ те пулӗ. Унта кӗркунне, хӗлле, суркунне пухӑннӑ. Юмах ...

...сапа!» — тесе хӑратнӑ, чышкаласа та илнӗ. Анчах та ҫакӑн хыҫҫӑн та комсомолтан уйрӑлман.

Ҫамрӑк ӗмӗрне ҫӗр пӳртре пурӑнса ирттернӗ вӑл. Мӗн ваталличченех колхозра ӗҫленӗ.

Тивӗҫлӗ канӑва кайсан, общество ӗҫне активлӑ хутшӑннӑ. Шкул ачисемпе, колхоз ҫамрӑкӗсемпе час-часах тӗл пулнӑ, малтанхи комсомолецсен хӑюлӑхӗпе хастарлӑхӗ ҫинчен каласа панӑ.

Киров ячӗпе хисепленекен колхоз ӑна ҫӗнӗ пӳрт лартса панӑ. Ку лайӑх-ха. Анчах ӑна ...

---

## Поэзи кӗтесӗ

**Геннадий КУЗНЕЦОВ**

### ВИҪӖ УТӐМ

«Коммунистсем, виҫ утӑм малалла!» —
янрарӗ уҫҫӑн командир сасси.
Эс хыттӑнрах тытан та пӑшала
тухса тӑран. Ҫук санӑн хӑрасси.
Хыҫалтанах тӑвассӗ ыттисем
...

Каялла вӑл, тухнӑ-тухманах:
«Эй, вӑрманӑм, хир пек аслӑ», — терӗ.
Хир курса ҫӳренӗ вӑрманҫа
сарӑ тинӗс анлӑшӗ чӳхерӗ.
Ҫакан хыҫҫан вӑл, хавхаланса:
«Эй, уй-хир, вӑрман пек аслӑ», — терӗ.

* * *

Сурaн пур ҫын синоптик пек тӗп-тӗрӗс
...

---

## ПӖЛТЕРӲСЕМ

**Шсл пулин те, кинотеатрсен афишисем ҫинче документлӑ фильмсене тупма ҫӑмӑл мар. Шӑпах вӗсенче халӗ пысӑк улшӑнусем пулӑраҫҫӗ те. Акӑ тинех ӗнтӗ**

кино курма юратакансене документлӑ ҫӗнӗ фильмсем тата халӑх ӑнланмалла ӳкернӗ наука фильмӗсем курма чӗнессӗ:

**январӗн 20-мӗшӗнче — «Предчувствие гражданской войны»** — видеоклип евӗр ӳкернӗ. «ДДТ» группа тата Юрий Шевчук хутшӑнассӗ;

**«Дворец культуры»** (Центрнаучфильм) — Сталин вӑхӑтӗнчи совет искусствипе культурин трагедийӗ ҫинчен каласа парать;

**«Ирина Роднина. Произвольная программа»** (Центрнаучфильм) — паллӑ спортсменка совет спорчӗн проблемисем ҫинчен каласа парать;

**«Виктор Астафьев. Нет мне ответа»** (ЦСДФ) — писатель «юхӑнса кайнӑ государствӑн» тӗксӗм сӑнарне сӑнласа парать;

ҫавӑн пекех ҫитӗннисем валли мультфильмсем **«Рога»** (ЧССР), **«Кроткая»** (Польша);

**январӗн 21-мӗшӗнче** тулли метражлӑ илемлӗ публицистика фильмӗ **«Личное дело Анны Ахматовой»** (Ленфильм, режиссерӗ Семен Аранович) — паллӑ поэт шӑпи ҫинчен кӑна мар, ҫӗршыв шӑпи ҫинчен те;

**«Воззрение на «Святую Троицу»** (Леннаучфильм) — Андрей Рублевӑн паллӑ произведенийӗпе уса курса, авторсем юрату, тӑванлӑх тата ҫакӑн йышши ытти ӑнлавусене тишкерме тӑрӑшассӗ;

**«Картина»** (ЦСДФ) — авторсем Илья Глазуновӑн «Сто веков» картинине ырлакансене те, хурлакансене те сӑмах парассӗ;

**«Разведенные мосты»** — Ленинградпа Япони хушшинчи культура ҫыхӑнӑвӗсем ҫинчен ӳкернӗ илемлӗ фильм.

Кинофильмсене Шупашкарти Ҫамрӑксен ҫуртӗнче кӑтартассӗ.

15 сехетре пуҫланассӗ.

Телефонсем: 24-37-92, 24-59-95.

---

## «Шупашкарти промышленность тракторӗсен завочӗ» производство пӗрлешӗвӗ тата 19-мӗш профтехучилище

1990 вӗренӳ ҫулӗнче ҫак специальноссене вӗренме илессӗ:

1. Токарь, программӑпа тытса пымалли станоксен операторӗ.
2. Фрезеровщик, программӑпа тытса пымалли станоксен операторӗ.
3. Алӑ сваркин электросварщикӗ.
4. Электрооборудование юсакан электромонтер.
5. Металл касакан станоксене йӗркелесе тӑракан, ӗҫлеттерекен тата юсакан слесарь.
6. Механосборка цехӗнче ӗҫлекен слесарь, слесарь тата станок ӗҫӗсен контролерӗ.

6 уйӑх вӗренмелле.

Вӗренекенсене уйӑхне 30 тенкӗ стипенди тӳлессӗ. Вӑтам шкултан вӗренсе тухнисене кашни уйӑхра 45 тенкӗ, Совет Ҫарӗнчен таврӑннисене 75 тенкӗ хушса парассӗ.

Училищӗрен вӗренсе тухнисене «Шупашкарти промышленность тракторӗсен завочӗ» производство пӗрлешӗвне ялан ӗҫлеме ярассӗ. ... хатӗрлессине те йӗркеленӗ ...

Общежитие пурӑнма вырнаҫтарассӗ.

Училищӗрен вӗренсе тухнисен уйӑхри вӑтам ӗҫ укҫи 250 — 300 тенкӗ пулать.

# ВИҪӖ УТĂМ

«Коммунистсем, виҫ утăм малалла!» —
янрарӗ уҫҫӑн командир сасси.
Эс хыттӑнрах тытан та пӑшала
тухса тӑран. Ҫук санӑн хӑрасси.
Хыҫалтанах тӑваҫҫӗ ыттисем
ҫап виҫӗ утӑма — ӳсет отряд.
Малта пулма чӗнеҫҫӗ аттесем,
ҫӗршыв шанни пире вӑй-хал парать.
Пӗрремӗш утӑм — саншӑн, ҫӗр-анне.
Иккӗмӗшпе ятна ҫӳле ҫӗклен.
Пуласлӑхшӑн пусан виҫҫӗмӗшне,
Тӑшман, ҫак виҫӗ утӑмран шиклен.

* * *

Хир ҫынни, кӗрсессӗн вӑрмана,
савӑк кӑмӑлпа вӑрах ҫӳрерӗ.
«Эй, вӑрманӑм, хир пек асла», — терӗ.
Хир курса ҫӳренӗ вӑрманҫа
сарӑ тинӗс анлӑшӗ чӳхерӗ.
Ҫакӑн хыҫҫӑн вӑл, хавхаланса:
«Эй, уй-хир, вӑрман пек асла», — терӗ.

* * *

Суран пур ҫын синоптик пек тӗп-тӗрӗс
Пӗлет ҫанталӑк улшӑнассине.
«Ыран каллех пӳшкетӗ ҫумӑр, — терӗ
атте. — Ура сурать ҫине-ҫине».
Паян кунччен фашистӑн сив тӑхланӗ
асилтерет ӑна ҫав вӑхӑта.
Мӑнукӗ-и аслашшӗне ӑнланӗ!
Тек тилмӗрет: «Каяр-ха похода».
Ват ҫыннӑн пичӗ туртӑнса илет те
вӑл тӗршӗнет умри каска ҫине.
— Кам тӗрӗс палӑртма пултарӗ, тетӗп,
«барометр» мӗн чул ӗҫлессине.

* * *

Сив ҫумӑр пӗрӗхет
ирхи тӗтреллӗхре.
Ҫитетпӗр хӗрӗхе,
иртетпӗр хӗрӗхрен.

Пӗр хурӑн ҫулҫине
ман пӳрт умне сапать.
Чӑпар илем ҫине
хӗвел пичет ҫапать.

Шевли шӗвелнӗ ун,
кӗмест ӑша ӑшши.
Ҫерҫи сӑмси пек куҫ
хӑҫан вӗҫленӗ-ши!..

Валерий ПЕТРОВ

# ЭП ВĂРҪĂРА ПУЛМАН...

Эп вӑрҫӑра пулман, сисмен
Пуҫ ҫийӗн пуля вӗҫнине,
Тӑшман амантнӑ суранран
Курман сӑра юн юхнине.
Эп вӑрҫӑра пулман, курман
Умра снаряд ҫурӑлнине.
Ҫумра юлташӑм ахлатса

Сӗр ҫинелле йӑваннине...
Эп курнӑ вата салтаксем
Вӑрҫа пула хур тӳснине,
Унта туяннӑ сурансем
Сӑва сулне ҫывхартнине.
Эп курнӑ самрӑк каччӑсем
Вӑрҫа епле ӑсаннине,

Цинкпа хупланӑ тупӑксем
Тӑван яла таврӑннине.
Эп илтнӗ пирӗн аннесем
Вӑрҫа епле ылханнине.
Унта ҫухалнӑ ҫыннисем
Нихҫан асран тухманнине...

## ҪӖНӖ ТӖЛПУЛУ

Чӑваш музыка театрӗн «Летучая мышь» спектаклӗнче тӗп роле — Розалинда рольне — РСФСР тава тивӗҫлӗ артисткн, Мари АССР халӑх артистки Надежда Ковалева вылярӗ. Пултаруллӑ актриса — Мари государство музыка театрӗн тӗп солисткисенчен пӗри.

Темиҫе ҫул каялла вӑл Шупашкарта ӗҫлетчӗ. Куракансем ӑна «Травиата», «Евгений Онегин», «Чапай», «Сильва», «Вольный ветер», «Девушка с голубыми глазами», «Черная береза» спектакльсенчи сӑнарсем тӑрӑх лайӑх астума кирлӗ. Мари музыка театрӗнче ӗҫлеме тытӑнсан та Н. Ковалева пирӗн пата темиҫе хутчен гастроле килсе кайрӗ. Ҫӗнӗ тӗлпулу пысӑк савӑнӑҫ кӳчӗ. Актрисӑн ӑсталӑхӗ ӳсес пынине палӑртмалла. «Летучая мышь» спектакле пынӑ ҫынсем унӑн Розалиндине кӑмӑлласа йышӑнчӗҫ.

В. ГРИНЧУК.

КУСЛАВККА. Энтри Пасарти Культура ҫуртӗнче ҫак кунсенче Кунар ялӗнчи хӑй тӗллӗн вӗреннӗ артистсене ӑшшӑн кӗтсе илчӗҫ. Вӗсем Г. Т. Терентьевӑн «Эльпуҫӗнчи Нарспи» комедине пысӑк ӑсталӑхпа выляса пачӗҫ.

## КĔТНĔ ХĂНАСЕМ

Сцена ҫинче О. Никитина, Л. Васильева, Ю. Максимов, А. Львова уйрӑмах ӑста вылярӗҫ. Комедире ҫӑмӑл та илӗртӳллӗ музыка янӑрани пурин кӑмӑлне те кайрӗ. Ку тӗлӗшпе Б. Федоров музыкантӑн пултарулӑхне палӑртас килет. Кунерсем сценӑна та хитре илемлетме пӗлеҫҫӗ.

Хӑй тӗллӗн вӗреннӗ артистсем хӑйсен пултарулӑхне «Волга» тата «Родина» совхозсенчи ялсенче те кӑтартнӑ.

А. ПЕТРОВА.

кӳрсе, вутӑ хутса парать. Колхоз хӗл каҫмалӑх — ҫӗрулми, ял Совечӗ вутӑ уйӑрса парса пулӑшрӗҫ. Вуттине кӳршӗсем татса пачӗҫ.

Агафия Никифоровна Никифорова — ялти пӗрремӗш комсомолка. Халӗ сакӑрвуннӑра ӗнтӗ. Чухӑнсен ҫемйинче ҫуралнӑ. Коллективлӑ хуҫалӑхсем йӗркелес ӗҫе хастар хутшӑннӑ.

«Хӗр пуҫупа активистсемпе «хӗрлӗ уйхисем» иртterme спектакльсем кӑтартма, стена хаҫачӗсем кӑларма тытӑннӑ. Халӗ «хӗрлӗ улах» мӗнне пӗлмеҫҫӗ те пулӗ. Унта кӗркунне, хӗлле, ҫуркунне пухӑннӑ. Юмах янӑ, ташланӑ-юрланӑ... Укахви кӗнеке, хаҫат вуланӑ, ҫӗнӗ пурнӑҫ ҫинчен каласа панӑ.

Пӗррехинче ҫӗрле килнелле утакан хӗре куштансем ярса илнӗ. Укахвие: «Халӑха мӗн пӑтратса ҫӳрен, пӑрах колхоз пирки пакӑлтатма. Атту лекет пуҫа», малтанхи комсомолецсен хӑюлӑхӗпе хастарлӑхӗ ҫинчен каласа панӑ.

Киров ячӗпе хисепленекен колхоз ӑна ҫӗнӗ пӳрт лартса панӑ. Ку лайӑх-ха. Анчах ӑна куллен пулӑшу кирлӗ. Кун пирки Атнашри тулли мар вӑтам шкулти пионерсен шутламалла ӗнтӗ.

Ю. ИСАЕВ.

Канаш районӗ,
Атнаш ялӗ.

# ҪУЛА ТУХСАН

Хӗллехи сивӗ ир. Эпир автобуспа Шупашкара каятпӑр. Ҫурма ҫула ҫитсен, мотор чӑхӑмлама пуҫларӗ, автобус чарӑнчӗ. Ҫула тухнӑ халӑх, сивӗпе хутланса, ним шарламасӑр ларать.

Сасартӑк шӑплӑха тахҫантанпа пӗлнӗ илемлӗ кӗвӗ хускатрӗ. Эпӗ каялла ҫаврӑнса пӑхрӑм: хыҫалти сак ҫинче манӑн пӗлӗш, кӳршӗ колхоз механизаторӗ Александр Калугин хӑйӗн хуткупӑсӗпе «Мускав ҫывӑхӗнчи каҫсене» шӑрантарать. Вӑл, тӑванӗсем патне отпуска кайма тухнӑскер, купӑсне те илме манман, иккен. Эпир, пӗр-пӗрин ҫине пӑхса, йӑл! кулса илтӗмӗр.

Ытти пассажирсен те кӑмӑлӗ ҫӗкленнӗ пек туйӑнчӗ.

Руль умӗнче ларакан шофер та салонри ҫынсем еnне самантлӑха пӑхса илчӗ. Купӑсҫӑ аптраса ӳкнӗ пек, вӑхӑтлӑха купӑсне калама пӑрахрӗ. Кӗвӗ вӗҫленмесӗрех татӑлчӗ.

— Ма вылямастӑн ҫак? — сӑмах хушрӗ купӑсҫӑ умӗнче ларакан кӑвак сӳҫлӗ ватӑ ҫын.

— Тен, шӑплӑха пӑсма юрамасть пулӗ? — хулӗсене хускатса илчӗ Калугин.

— Юрать, юрать, — терӗ шофер, сӑпайлӑн кулкаласа.

— Янрат тавай...

— Тӑс купӑсна... — шавласа илчӗҫ пассажирсем.

Автобус мӗн вырӑна ҫитиччен чарӑнма пӗлмерӗ янравлӑ купӑс. Вӑл аларан алла куҫса пычӗ — ҫула тухнисем хушшинче купӑс калама пӗлекенсем татах тупӑнчӗҫ. Салон та ӑшӑннӑ пек туйӑнчӗ. Ҫынсен кӑмӑлӗсем уҫӑлчӗҫ, пичӗсем ҫуталчӗҫ.

Я. РОГАЧЕВ.

Ульяновск облаҫӗ.

Спорт ~~~~ Спорт

## КАНАШРА—ИКĔ ТУРНИР

**Январь пуҫланнӑранпа Канашра шашистсен икӗ турнирӗ иртнӗ.**

Шкул ачисен хӗллехи каникулӗ вӑхӑтӗнче республикӑра мала тухассишӗн 17 ҫултан кӗҫӗнрех яшсем ӑмӑртрӗҫ. Интереслӗ кӗрешӳре, 11 очко пухма май пур ҫӗртен 8,5 очко пухса, чемпион ятне Канашри 6-мӗш вӑтам шкулта вӗренекен пӗрремӗш разрядлӑ И. Петров ҫӗнсе илчӗ. Иккӗмӗшпе виҫҫӗмӗш вырӑнсенче — Красноармейскинчи вӑтам шкулта вӗренекен пӗрремӗш разрядлӑ М. Романовпа Шупашкарти машиностроительнӑй техникум студенчӗ, СССР спорт мастерӗн кандидачӗ А. Орлов. Вӗсен 7,5 очко. Ҫак турнир пирӗн республикӑра пултаруллӑ ҫамрӑк шашистсем пуррине кӑтартса пачӗ.

Профсоюзсен ДФСО область совечӗ ҫак кунсенче иртternӗ ҫурма финалти турнира 38 спортсмен хутшӑнчӗ. Швейцари системипе иртternӗ турнира Вӑрмар районӗнчи СССР спорт мастерӗ Н. Дмитриев пуринчен те лайӑхрах иртterчӗ. Вӑл 9 очко пухма май пур ҫӗртен 7 очко пухрӗ. 2—4-мӗш вырӑнсене Ҫӗрпӳ районӗнчи В. Ивановпа М. Федоров тата Канашри И. Николаев йышӑнчӗҫ. Вӗсем пурте профсоюзсен обществин область совечӗ иртterекен финалти турнира хутшӑнма путевка ҫӗнсе илчӗҫ.

Ю. КОЗЫРЕВ.

Пӗтӗм Союзри категориллӗ судья, СССР спорт мастерӗ.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



## ҪАНТАЛĂК

Синоптиксем ҫапла пӗлтерчӗҫ: паян кӑнтӑрла пирӗн республикӑра пӗлӗтлӗ ҫанталӑк пулать, вырӑн-вырӑнпа кӑштах юр ҫӑвать. Ҫил хӗвеланӑҫ енчен секунтра 7—12 метр хӑвӑртлӑхпа, кассӑн-кассӑн вӑйланса вӗрет. Сывлӑш температури республикӑра 1 градус ӑшӑ — 4 градус сивӗ, Шупашкарта 0—2 градус сивӗ пулать. Ҫул пӑрлакланать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЭРНЕКУН.
ЯНВАРӖН 19-МӖШӖ
ПӖРРЕМӖШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Дубровский». Тӑватӑ сериллӗ илемлӗ телефильм. 4 сери.
9.40 — Концерт.
10.10 — Документлӑ фильмсем.
10.40 — 16 тултарманнисем тата унтан аслӑраххисем.
11.25 — Сын институчӗ.
12.30 — Вӑхӑт.
15.30 — Документлӑ фильм.
16.10 — Халӑх кӗввисем.
16.25 — «Площадь Революции, дом 2».
17.10 — Хавасла стартсем.
17.55 — Власа — Советсене.
18.25 — Коллаж.
18.30 — Вӑхӑт.
19.00 — Документлӑ телефильм.
19.45 — Поэзи минучӗсем.
19.55 — «Дубровский». Тӑватӑ сериллӗ илемлӗ телефильм. 4 сери.
21.00 — Вӑхӑт.
21.30 — «Это было... было...»
21.55 — «Взгляд».
23.45 — ТСН.
00.00 — С. Рахманинов. «Всенощная».

ИККӖМӖШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Наукӑллӑ - популярлӑ фильм.
8.35 — 11.05 — Вӗренӳ передачисем.
11.05 — Документлӑ фильмсем (акӑлчанла).
11.35 — Вӗренӳ передачи.
12.05 — «Цвет граната». Илемлӗ фильм.
13.40 — «Воспоминания». Музыка программи.
14.00 — «Монета». Илемлӗ телефильм.
17.00 — «Ҫурхи кун уявӗ». Документлӑ телефильм (Шуп.).
17.20 — Республика кунӗ (Шуп.).
17.30 — «Янра хуткупӑс, савӑнӑҫла тусӑм» (Шуп.).
18.30 — Вӑхӑт (сурдокуҫарупа).
19.00 — Спорт пурин валли те.
19.15 — Хоккей. СССР чемпионачӗ. «Спартак» — «Динамо» (Мускав). Тӑхтавра (19.50) — Ырӑ каҫ пултӑр, ачасем!
21.15 — Мультфильм.
21.30 — «Тӗнче тата экологи».
23.30 — В. Виноградов режиссерӑн фильмӗсем. «Я возвращаю вам портрет».

## РАДИО

ЭРНЕКУН.
ЯНВАРӖН 19-МӖШӖ

6.15 — «Столица курьерӗ». Шупашкар ҫыннисем валли. 6.30 — «Виҫ минутсӑр ҫур сехет». Информаципе публицистика программи. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хаҫачӗсене пӑхса тухни. 7.25 — 7.30 — Пӗлтерӳсем. 16.30 — 17.30 — «В зимний вечер» (стерео). 18.00 — Ҫӗнӗ хыпарсем. 18.12 — В. Вербовский юрлать. 18.25 — Республика хыпарӗсем. 18.35 — Ял ҫыннисем валли. «Пучах». 19.00 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — Пирӗн кандидатсем. «Сӗнетӳ ҫынни». Радиоочерк. 20.00 — 20.30 — «Пӗрлехи ҫемьере». «Родимый край». Мордва АССРӗ.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧӖПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧӐВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРӖ — январӗн 19-мӗшӗнче «Амантнӑ чун» драма, январӗн 20-мӗшӗнче «Ашкӑнчӑк инкесем» комеди.

РЕСПУБЛИКӐРИ ВЫРӐС ДРАМА ТЕАТРӖ — январӗн 19-мӗшӗнче «Камерный» театр Лаврентия Берии», январӗн 20-мӗшӗнче «Зойкина квартира» фарс.

ЧӐВАШ ҪАМРӐКӖСЕН ТЕАТРӖ — январӗн 21-мӗшӗнче «Таркӑн» мыскараллӑ инкек премьери январӗн 22-мӗшӗнче «Юратма пӗлекенсем телейлӗ» лирикӑллӑ драма премьери.

ЧӐВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРӖ — январӗн 19-мӗшӗнче «Порги и Бесс» балет, январӗн 20-мӗшӗнче кӑнтӑрла «Зайка-зазнайка» юмах, каҫхине «Юратупа мыскара» оперетта.

Кӑнтӑрлахи спектакль 12 сехетре, каҫхисем 19 сехетре пуҫланаҫҫӗ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кӑвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00. Кӗрен зал: «Леди Макбет Мценского уезда» — 9.00, 10.50, 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кичозал: «СВ» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Однажды в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысӑк зал: «Боны и покой» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вӑтам зал: «Смех и горе у Бела моря» — 9.00, 10.30, 14.30; «На помощь, братцы!» — 12.30, 16.30, 18.30, 20.30. Пӗчӗк зал: «Конец императора тайги» — 10.00; «Проводник» — 12.00, 14.00, 16.00, 18.00; «Я не приезжий, я здесь живу» — 20.00.

«МИР» — сборник мультфильмов — 9.00, 12.10; «Враг мой» — 10.30, 13.30; «Жикина династия» — 18.30; «Блам с выходными днями» — 20.30.

«СОКОЛ» — «Слуги дьявола» — 10.00; «Приди снова, дождь» — 12.00, 14.30, 17.00, 19.30.

«ЛУЧ» — «Приключения Спаса и Нели» — 12.00; «Полет навигатора» — 14.00, 16.00, 18.00, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Жикина династия» — 14.00, 16.00, 20.00; «Хон Гиль Дон» — 18.00.

ЧЭАЗ КУЛЬТУРА КЕРМЕНӖ — «Любовный недуг» — 16.15, 19.00.

«СТРОИТЕЛЬ» КЛУБ — «Я в полном порядке» — 16.00, 18.00, 20.00.

«САЛЮТ» КУЛЬТУРА КЕРМЕНӖ — «Великое поколение» — 16.00, 18.00, 20.00.


ПИРӖН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителӗсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлӑ секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнӑҫ пайӗ — 21-03-61 тата 25-13-24; идеологи пайӗ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайӗ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайӗ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ӗҫӗпе социаллӑ пурнӑҫ пайӗ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайӗ — 21-08-56 тата 25-13-02; ҫырусемпе обществӑлла корреспондентсен пайӗ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайӗ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамӑр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчӗк), 4-34 (Етӗрне) тата 2-26-30 (Сӗнтӗрвӑрри); издательство директорӗ — 21-00-23; пӗлтерӳсен пайӗ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийӗ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чӑваш АССР Журналистсен союзӗн правленийӗ — 25-13-83; хаҫатӑн обществӑлла приемнӑйӗ — 21-22-94.

Хаҫат тунтикунсӑр пуҫне куллен тухать.

НТ 33017. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 263.